*Пĕтĕм тĕнчери пролетарисем, пĕрлешĕр!*

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

ЗНАК ПОЧЕТА

КПСС Чăваш обкомĕпе Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн тата Министрсен Совечĕн органĕ

Орган Чувашского обкома КПСС, Верховного Совета и Совета Министров Чувашской АССР

№ 7 (20140) • Ытларикун, 1990 çулхи январĕн 9-мĕшĕ • Хаçат 1918 çулхи февральтенпе тухать • Хакĕ 3 пус

## СТРОЙКĂРИ АРЕНДА.

### Вăл хăвăртлăхпа пахалăха ӳстерме пулăштăр

Хулапа ял илемĕ — çĕнĕ çурт-йĕр. Юлашки çулсенче строительствăна планласси, архитектура, проектпа смета ыйтăвĕсене татса парасси чылай лайăхланчĕ. Пурăнмалли çуртсемпе пĕрлех шкулсем, ача сачĕ-яслисем, суту-илӳ предприятийĕсем, ĕççыннисен ыйтăвĕсене туллин тивĕçтермелли ытти объектсене туса лартасси çине тимлерех пăхма тытăнчĕ. Çĕнĕ строительствăна пуçанас умĕн экологи ыйтăвĕсене тарăннăн тишкереççĕ. Куйпа пĕрлех объектсене нормативпа палăртнă вăхăтра хута ярасси, строительствăпа монтаж ĕçĕсене хăвăртлатмалли майсемпе усă курасси лайăхланса пырать. Хуçалăх механизмне палăрмаллах урăхлатнă.

Пирĕн республикăра строительсемпе монтажникăсен пысăк коллективĕсем пур. «Чувашстрой» территори пĕрлешĕвĕ, «Чувашагропромстрой» пĕрлешӳ, ятарлă пĕрлешӳсемпе трестсем, вĕсен подразделенийĕсем ĕç калăпăшне ӳстерсе пыраççĕ. Ĕç тухăçлăхĕ хальхи вăхăтра коллективсен хисепне пысăклатнипе мар, тĕпрен илсен, механизаци тата автоматизаци майĕсемпе анлăрах усă курнипе ӳсse пырать. Хуçалăх есĕнчи çĕнĕ меслетсем хăйсен пурнăçри вăйне ĕненмелле кăтартрĕç. Вуниккĕмĕш пилĕкçуллăхăн юлашки тапхăрĕнче стройкăра аренда хутшăнăвĕсем йĕркеленчĕç. Çакă вăл подряд меслетне тата коллективлă подряда малалла аталантарни, тулли хуçалăх расчетне хăюллăн ĕçе кĕртсе пыни пулать.

Тĕслĕх вырăнне «Спецстроймеханизация» треста илĕпĕр. Унăн коллективĕ иккĕмĕш çул ĕнтĕ аренда йĕркипе ĕçлет. Ку вăл ăнсăртран пулман. Производствăра малта пыракан трестра экономика кăтартăвĕсене лайăхлатас енĕпе пысăк тимлĕх кăтартаççĕ. Кашни управленипе участокрах çĕнĕ йĕрке çине куçма тĕплĕн хатĕрленнĕ. 1989 çул пуçламăшĕнче пĕтĕм трест аренда йĕркипе ĕçлемелли договор тунă.

Мĕн пана-ха çак çĕнĕлĕх! «Спецстроймеханизация» трест коллективĕ 1989 çулта 54,3 миллион тенкĕлĕх строительствăпа монтаж ĕçĕсем тунă, çав шутран планран ирттерсе 423 пин тенкĕлĕх. Тупăш илмелли задание ирттерсе пурнăçланă. Тивĕçлĕ фондсем валли укçа-тенкĕ çителĕклĕ уйăрнă май, трест производство никĕсне малалла çирĕплетет, коллективăн социаллă пурнăç ыйтăвĕсене анăçлăрах татса пама пултарать.

Ялти строительствăра та аренда малтанхи утăмсем тăвать. «Чувашагропромстрой» пĕрлешӳре çак йĕрке çине чи малтан «Спецстрой» трест, юсавпа механика мастерскойĕ, Етĕрнери кирпĕч заводĕ куçнă. Тӳрех каламалла, пĕрремĕш итогсем çĕнĕлĕх ӳссине ĕненмелле кăтартса пачĕ. Акă, «Спецстрой» трестăн ĕç коллективĕ пĕрлешӳ совечĕпе тунă договорпа килĕшӳллĕн тĕп фондсене пĕтĕмпех хăй çине илнĕ. Ĕçлевисен хисепне, пурлăх фончĕсене трест хăй палăртать, çурт-йĕр лартмашкăн тӳрремĕнех договорсем тăвать. Çапла майпа ĕçлесе, агропромышленность комплексĕнче тĕрлĕ объектсем ĕçе кĕртесси палăрмаллах лайăхланнă. Трестри строительсем юлашки çулсенче ялхуçалăх продукчĕсене упрамалли хранилищĕсем, вĕсене тирпейлекен предприятисем тăвас ĕçре татăклă улшăну тунă. Куйпа пĕрле хуçалăхсен заказĕпе пурăнмалли çуртсем, социаллă пурнăç объекчĕсем чылай лартаççĕ. Тупăш ытларах илнĕ май, строительсен вăтам ĕç укçи иртнĕ çул 10—15 процент ӳснĕ. Кăçал трест генподряд енĕпе 1989 çулхинчен 3 миллион тенкĕ чухлĕ [illegible]

Çĕрпӳри автомобильсем юсакан заводра 1990 çул пуçланнăранпа ăмăртура гараж валли оборудовани хатĕрлекен бригада малта пырать. Ăна ертсе пыракан Алексей Пантелеев çамрăк рабочи тӳрĕ кăмăлпа ĕçленипе палăрса тăрать, ахальтен мар ăна халăх контроль группин председательне суйланă.

● Алексей Пантелеев бригадир (варринчи), Владимир Васильев, Сергей Яковлев, Александр Евгеньев электросварщиксем, Леонид Николаев токарь, Геннадий Васильев слесарь-сборщик.

Ю. Дмитриев фотоӳкерчĕкĕ.

## СРОКЧЕН

«Урмарский» совхоз пĕлтĕр государствăна 2.487 центнер аш-какай сутса плана 104 процент пурнăçланă. Çавăн пекех сĕт сутас енĕпе те хуçалăхри выльăх-чĕрлĕх пăхакансем çине тăрса ĕçленĕ, плана срокчен тултарнă.

Паллах, çак ӳсĕмсенче выльăх-чĕрлĕх пăхакансен тӳпи пысăк. Фермăсенче социализмла ăмăрту анлă сарăлнă. Уйрăмах Елена Харитоновăпа Галина Федорова доярккăсене ырăпа асăнмалла. Вĕсем сăвăма ӳстерессишĕн сахал мар тăрăшаççĕ.

Совхоз государствăна ытларах чăх ашĕ сутать. Çавăнпа чăх пăхакансем çинчен калаcа хăвармасăр те ырăнлă пулĕ. Аш туса илмелли цеха Надежда Обриванова бригадир ертсе пырать. Кунти Валерий Архипов [illegible]

## КПСС Центральнăй Комитетĕнчи тĕлпулусем

Литвари Компартин Центральнăй Комитечĕн руководстви тата Литвари Компартин вăхăтлăх Центральнăй Комитечĕ (КПСС платформи çинче) ыйтнипе Мускавра, КПСС Центральнăй Комитетĕнче январĕн 4-мĕшĕпе 6-мĕшĕнче М. С. Горбачев, В. А. Медведев, А. Н. Яковлев, Г. П. Разумовский çак Центральнăй Комитетсен секретарĕсемпе тата бюро членĕсемпе тĕл пулнă. Тĕлпулусем вăхăтĕнче республикăри Компартин XX съезчĕ хыççăн пулса тăнă ларутăруран тухмалли çул-йĕрсем çинчен пĕр-пĕрин шухăшĕпе паллашнă. Çак ыйтусене малалла сӳтсе яваççĕ.

(ТАСС).

*Суйлав умĕн*

## Кандидатсене регистрациленĕ

889-мĕш Мускав территори суйлав округĕ тăрăх РСФСР халăх депутачĕсене суйлас тĕлешпе ĕçлекен округри суйлав комиссийĕн январĕн 5-мĕшĕнче пулса иртнĕ ларăвĕнче РСФСР халăх депутачĕсене суйлама çак кандидатсене регистрациленĕ:

Николай Григорьевич Григорьев, 1933 çулта çуралнă, Чăваш АССР сывлăха сыхлас ĕç министрĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Петр Степанович Краснов, 1956 çулта çуралнă, Чăваш АССР Министрсен Совечĕ çумĕнчи чĕлхе, литература, истори тата экономика наука тĕпчев институчĕн аслă наука сотрудникĕ, партире тăмасть, Шупашкарта пурăнать;

Геннадий Викторович Ладин, 1962 çулта çуралнă, Шупашкарти В. И. Чапаев ячĕпе хисепленекен производство пĕрлешĕвĕн 34-мĕш цехĕнчи инженер-электронщик, ВЛКСМ членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Василий Николаевич Николаев, 1938 çулта çуралнă, И. Н. Ульянов ячĕпе хисепленекен Чăваш государство университечĕн физикăлла химии тата пысăк молекулярлă пĕрлешӳсен кафедрин заведующийĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Валерий Емельянович Патеев, 1940 çулта çуралнă, Шупашкарти приборсем тăвакан завод çумĕнчи Раменскири приборсем тăвакан конструктор бюровĕн представителĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Евгений Михайлович Шебалов, 1947 çулта çуралнă, Шупашкарти 34-мĕш вăтам шкул директорĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

ОКРУГРИ СУЙЛАВ КОМИССИЙĔ.

*Туслă çыхăнусене аталантарса*

## ПОЛЬШĂРИ ĂНĂÇЛĂХ

**И. А. Асафатов инженер-сăнавçă Польшăран таврăннă хыпар сăнавçăсем хушшинче хăвăрт сарăлчĕ. Управлени руководителĕсем патĕнче пулчĕ вăл. Çав кунах сăнавçăсем Николай Александрович калаçăвне итлеме пухăнчĕç.**

Бульдозерпа рыхлитель оборудованийĕ çакна Т-330 йышши икĕ трактора «Сăмар» фирма сутăн илнĕ. Пĕр тракторне малтан [illegible]

трактор сăнавçисем Польшăра пулнă вăхăтра — Т-330 тракторсем хуçалăхра самаях тухăçлă ĕçленĕ. Юпкăнлă, хăйăрлă, йĕпе тăмлă çĕ[illegible]

ке тапхăртах малтисен ретне тухрĕ, сăнавçене тĕплĕн йĕркелесе ирттерме вĕренчĕ. Вăл активлă общественник — сăнав служби профсоюз комитечĕн председателĕ. Çамрăк коммуниста чикĕ леш сичи ответлă командировкăна кайма ним иккĕленмесĕр шанчĕç, кунта вăл поляк чĕл[illegible]

## Пĕрремĕш утăмсем

**Икĕ çул ĕнтĕ Çĕмĕрлери суту-илӳ предприятийĕсем хуçалăха тытса пымалли çĕнĕ условисенче ĕçлеççĕ. 1989 çулхи апрель уйăхĕнче хулари 8, 10, 13-мĕш магазинсене, май уйăхĕнче тепĕр 18 магазина коллективлă подряд çине куçарнă.**

Тӳрех калăпăр, пур коллектив та хуçалăх расчетне кăмăлласа йышăнман. Магазинсен заведующийĕсемпе сутуçăсем ырланă, грузчиксемпе уборщицăсем сивленĕ. Çакна ăнланмалла та. Мĕншĕн тесен грузчиксемпе уборщицăсем унччен тавар[illegible]

тенкĕлĕх ытла тавар тунă. Çынсен шухăшне тĕпчесе пĕлес тата ыйтса кайнă таварсене сутас тĕллевпе 45 хутчен выставкăсем ирттернĕ, вĕсенче 131 пин тенкĕлĕх тавар сутнă.

Юлашки çулсенче хулари торг суту-илӳри производство лаптăкĕсене ӳстерес [illegible]

пин тенкĕлĕх. Тупăш илмелли задание иртте... Тивĕçлĕ фондсем валли укçа-тенкĕ çителĕклĕ унăрна май, трест производство никĕсне малалла çирĕплетет, коллективăн социаллă пурнăç ыйтăвĕсене анăçларах татса пама пултарать.

Ялти строительствăра та аренда малтанхи утăмсем тăвать. «Чувашагропромстрой» пĕрлешӳре çак йĕрке çине чи мал... «Спецстрой» трест ... итогсем çĕнĕлĕх уссине ĕненмелле кăтартса пана. Акă, «Спецстрой» трестăн ĕç коллективĕ пĕрлешӳ совечĕпе тунă договорпа килĕшӳллĕн тĕп фондсене пĕтĕмпех хăй çине илнĕ. Ĕçлекенсен хисепне, пурлăх фончĕсене трест хăй паларть, çурт-йĕр лартмашкăн тӳрремĕнех договорсем тăвать. Çапла майпа ĕçлесе, агропромышленность комплексĕнче тĕрлĕ объектсем ĕçе кĕртесси палăрмаллах лайăхланнă. Трестри строительсем юлашки çулсенче ялхуçалăх продукчĕсене упрамалли хранилищĕсем, вĕсене тирпейлекен предприятисем тăвас ĕçре татăклă улшăну тунă. Кунпа пĕрле хуçалăхсен заказĕпе пурăнмалли çуртсем, социаллă пурнăç объекчĕсем чылай лартаççĕ. Тупăш ытларах илнĕ май, строительсен вăтам ĕç укçи иртнĕ çул 10—15 процент таран пысăкланнă. Кăçал трест генподряд енĕпе 1989 çулхинчен 3 миллион тенкĕ чухлĕ нумайрах ĕçлеме йышăннă.

СССР Халăх депутачĕсен II съездĕнче çитес çулсенче ялти социаллă пурнăçа тĕпренех çĕнетсе урăхлатас енĕпе пысăк задачăсем палăртнă. Паллах, строительство ĕçĕсен калăпăшне ӳстерес тесен, пуринчен малтан, строительство материалĕсем нумайрах кирлĕ. Ку тĕлĕшпе районсенчи кирпĕч завочĕсене аренда çине куçарни вырăнлă. Акă, пĕр тĕслĕх. Çĕнĕ йĕркепе ĕçлеме тытăннă хыççăн пĕрремĕш çулах Етĕрнери кирпĕч завочĕ продукци калăпăшне 22 процент ӳстерме пултарнă. Халиччен юлса пынă предприяти çирĕппĕнех малтисен ретне тухнă. Иртнĕ çул вăл 6,6 миллион кирпĕч хатĕрлесе панă. «Чувашагропромстрой» пĕрлешĕвĕн 10 кирпĕч завочĕ. Халлĕхе вĕсем хушшинче плана йĕркеллĕ тултарайманнисем те, тăкаклă ĕçлекеннисем те пур-ха. Çавăнпа, етĕрнесен опычĕпе усă курса, кирпĕч завочĕсене пурне те аренда çине куçарни вырăнлă пулĕччĕ.

Чăваш АССР Министрсен Совечĕ нумай пулмасть республикăра капитальнăй строительствăна малалла аталантарас, строительство материалĕсем туса кăларассине ӳстерес тĕлĕшпе çĕнĕ мерăсем палăртрĕ. Пирĕн условисенче кирпĕч, керамзит, плитка чылай нумайрах хатĕрлеме май пур. Халлĕхе предприятисен хăвачĕсемпе çителĕклĕ усă курмаççĕ, çĕнĕ заводсене тата цехсене ĕçе кĕртесси вăраха тăсăлать. «Чувашстройматериалы» производство пĕрлешĕвĕн хăшпĕр предприятийĕсем, технологи оборудованийĕ çителĕклĕ пулин те, çуллахи тапхăрта кăна кирпĕч çапаççĕ. Çавăнпа ялан ĕçлекен коллективсем йĕркелеме йывăр. Пĕрлешĕвĕн кашни предприятийĕнчех çулталăк тăршшĕпе кирпĕч, ытти материалсем парса тăрассине йĕркелемелле. Вĕсенче аренда хутшăнăвĕсене анлăрах сарни продукци калăпăшне хăвăрт ӳстерме май парать. Çакна Шупашкарти «Стройкерамика» завод опычĕнчен те лайăх куратпăр. Предприяти иртнĕ çул пуçламăшĕнче аренда йĕрки çине куçнă. Çулталăк итогĕсем çакăн пек. Заданирен ирттерсе пĕр миллион та 24 пин кирпĕч, 56 пин тăваткал метр плитка, 12 пин кубометр керамзит туса кăларнă, продукци ярса памалли договор обязательствисене пĕтĕмпех пурнăçланă. Предприяти тупăшĕ планпа палăртнинчен 640 пин тенкĕ пысăкрах пулнă. Пĕрлешӳре çакăн пек опыт пур пулсан, унпа анлăрах усă курмалла, ĕçе çĕнĕлле йĕркеленин никĕсĕ çинче производствăпа экономика кăтартăвĕсене тĕпренех лайăхлатмалла.

Тӳрех калăпăр, аренда йĕркипе ĕçлекен коллективсем халлĕхе çак прогрессивлă формăна алла илесçĕ кăна-ха. Кунта татса паман ыйтусем темĕн чухлех. Сăмахран, предприяти пĕтĕмĕшпе аренда йĕрки çине куçнă, анчах бригадăсенче, участоксенче, цехсенче аренда договорĕн никĕсĕ çинче ĕçлессине йĕркелесе çитермен. Аренда пĕлтерĕшне, вăл ĕç коллективне, обществăна мĕн панине кашни çын пĕлсе тăма тивĕçлĕ. Халлĕхе вара çĕнĕлле ĕçлеме тытăннă предприятисенче те экономика тĕлĕшĕнчен пысăк чăрмавсем пур. Акă, «Спецстроймеханизация» трестра кашни çын пуçне пурнăçлакан ĕç калăпăшĕ 6 процент, çав вăхăтрах вăтам ĕç укçи 19 процент ӳснĕ. Ку вăл пĕрре те йĕркеллĕ мар.

Кирек мĕнле çĕнĕлĕх пекех, строительствăпа монтаж организацийĕсене, стройиндустри предприятийĕсене аренда çине куçарасси те производствăна тĕрĕс йĕркеленипе, экономика ĕçне вăйлатнипе, коллективсенче воспитани ĕçне куллен-кун туса пынипе çыхăннă. Мĕнпур ыйтусене коллективпа, демократипе уççăнлăх никĕсĕ çинче татса пани кирлĕ. Аренда йĕркипе ĕçлекен кашни çын, уйрăмах руководительсемпе специалистсем, хăйсен ответлăхне туллин туйса тăччăр.

Паллах, аренда шанчăклăн ĕçе кĕтĕр тесен, стройкăсенче, предприятисенче ĕç вăйĕпе, механизмсемпе, материалсемпе туллин усă курни кирлĕ. Кашни коллектив çулталăк тăршшĕпех пысăк тухăçлăхпа ĕçлеме пултартăр, çавăнпа объектсене малтанах палăртса хумалла, вăхăта усăсăр сая яни пулмалла мар. Халлĕхе вара кунта çитменлĕхсем сахал мар-ха. Тĕслĕхрен, «Чувашстрой» территори строительство пĕрлешĕвĕн подразделенийĕсем кăçал ĕçе ямалли чылай объектра договор тăвассине те вĕçлемен. Уйрăм заказчиксем строительсене тунă ĕçшĕн укçа-тенкĕ вăхăтра тӳлемеççĕ.

Аренда — строительствăри питĕ кирлĕ çĕнĕлĕх. Вăл малалла анлăрах сарăлтăр, çурт-йĕр лартас ĕçре хăвăртлăха, пахалăха, тупăшлăха пĕрмаях ӳстерсе пыма май патăр.

не тăрса ĕçленĕ, плана срокчен тултарнă.

Паллах, çак ӳсĕмсенче выльăх-чĕрлĕх пăхакансен тӳпи пысăк. Фермăсенче социализмла ăмăрту анлă ... Харитонсăвăпа Галина Федорова доярккăсене ырăпа асăнмалла. Вĕсем сăвăма ӳстерессишĕн сахал мар тăрăшаççĕ.

Совхоз государствăна ытларах чăх ашĕ сутать. Çавăнпа чăх пăхакансем çинчен калаcа хăварни те вырăнлă пулĕ. Аш туса илмелли цеха Надежда Обривалова бригадир ертсе пырать. Кунти Валерий Архипов слесарь, Лидия Николаева, Елена Ергеева, Надежда Миронова, Дина Александрова чăх-чĕп пăхакансем ăмăртура малта пыраççĕ.

**В. СКОРОДУМОВА.**

---

# ЯЛ ИЛЕМЛЕНЕТ

Шăмăршă районĕнчи Васан ял Совечĕн территорийĕнче çулсерен пысăк улшăнусем пулса иртеççĕ. Ку енĕпе 1989 çул уйрăмах палăрса тăрать.

Совхозăн тĕп усадьбинче кăна 1.100 метр çула асфальтпа витнĕ, Ярăславра —200 метр, Кивĕ Шăмăршăра 1 километр тăршшĕ тротуар тунă. Халĕ «Гвардеец» совхозăн машина-трактор паркĕпе фермисем патне хуть те мĕнле çанталăкра та çăмăл автомашинăпа çитме пулать.

Совхоз дирекцийĕ нумай пулмасть икĕ хутлă, кирпĕчрен купаланă çĕнĕ кантура куçрĕ. Пĕрремĕш хутра рабочисен столовăйĕ, механизаторсем валли канмалли пӳлĕмсем вырнаçнă. Часах Кивĕ Шăмăршăра 200 вырăнлă Культура çуртне тума пуçăнмалла.

**И. САЛАНДАЕВ.**

---

*Туслă çыхăнусене аталантарса*

# ПОЛЬШĂРИ ĂНĂÇЛĂХ

**Н. А. Асафатов инженер-сăнавçă Польшăран таврăннă хыпар сăнавçăсем хушшинче хăвăрт сарăлчĕ. Управлени руководителĕсем патĕнче пулчĕ вăл. Çав кунах сăнавçăсем Николай Александрович калаçăвне итлеме пухăнчĕç.**

Бульдозерпа рыхлитель оборудованийĕ çакна Т-330 йышши икĕ трактора «Бумар» фирма сутăн илнĕ. Пер тракторне малтан Познаньри промышленность таварĕсен ярмăрккинче кăтартнăччĕ. Çак ĕçе заводран С. Волков инженер хутшăннă. Тепĕр тракторĕ тӳрех хăмăр çĕр кăмрăкĕ кăларакан «Любстов» разреза çитнĕ. Конин воеводствинче ку разрез. Кунта кашни хăй ĕçне тăвать: нумай алтăрлă экскаваторсем лентăллă транспортерсем çине кăмрăклă тăпрана тиесе 2—4 километрти отвала куçараççĕ. Вуншар çул хушшинче те çав отвала йĕркене кĕртмен пулнă. Халĕ çĕркăмрăк кăларакан разрезпа юнашар çĕнĕ организаци йĕркеленĕ. Унăн тĕп тĕллевĕ —отвал лаптăкĕсене тикĕслесе вăрман лартма хатĕрлесси. Малтанах ку ĕçсене Польшăра кăларакан 300 лаша вăйлĕ тракторсемпе пуçланă. Кайран Т-330 тракторсем хутшăннă.

Яланхи пекех, Н. А. Асафатов инженерпа И. П. Айгашев водитель хуçалăхри механизаторсене малтан Т-330 трактор конструкципе унăн хăйевĕрлĕхĕсемпе паллаштарнă, инструкцире палăртнă меслетсемпе ĕçлеме вĕрентнĕ, кайран техника тĕлĕшĕнчен пăхса тăрассине йĕркелеме пулăшнă.

Август уйăхĕнчен пуçласа декабрь вĕçленичченех — трактор сăнавçисем Польшăра пулнă вăхăтра — Т-330 тракторсем хуçалăхра самаях тухăçлă ĕçленĕ. Юпкăнла, хăйăрлă, йĕпе тăмлă çĕре бульдозерпа тĕксе купаланă çĕрте, икĕ сменăллă режимпа ĕçлесе, 4 уйăх çурăрах Т-330 бульдозерсем хăйсене сутăн илме кайнă хакă татнă: урăхла каласан, поляксемшĕн хăй хакне кăларнă.

Пĕрле ĕçленĕ тракторпа танлаштарсан, Шупашкар тракторĕсем лачакаллă вырăнсенче лайăхрах ĕçлени, кунсăр пуçне топливо пĕрре çурă сахалтарах кайни паларнă. Тракторсене ĕçлеттерекен специалистсене Т-330 тракторăн сывлăшпа сивĕтсе ĕçлеттермелли двигателĕ, икĕ вырăнлă çутă кабина, трактор узелĕсен ĕçне контроллемелли сигнализаци системи, каçхине ĕçлеме те çутă çителĕклĕ пулни тата ытти нумай çĕнĕлĕхсем килĕшнĕ. Польша тракторĕсемпе танлаштарсан, пирĕн тракторсем сăртлă, чăнкă вырăнлă отвалсенче те лайăхрах ĕçленĕ. Хуçалăхри бульдозеристсем Кшиштоф Валовский, Марьям Русин, Радислав Люблянский Т-330 тракторсене тухăçлă ĕçлеттерме вĕренсе çитнĕ.

Винницăри политехника институтне пĕтернĕ Н. А. Асафатов çамрăк инженер сăнавçăсен ретне тăнăранпа тăватă çул кăна-ха. Çак кĕске тапхăртах малтисен ретне тухрĕ, сăнавсене тĕплĕн йĕркелесе ирттерме вĕренчĕ. Вăл активлă общественник— сăнав службин профсоюз комитечĕн председателĕ. Çамрăк коммуниста чикĕ леш енчи ответлă командировкăна кайма ним иккĕленмесĕр шанчĕç, кунта вăл поляк чĕлхине ăнланнипе те шута илчĕç.

Анăçлă сăнав ĕçĕсенче И. П. Айгашев водитель тӳпи те сахал мар. Патăрьел районĕнчи Анат Тăрмăш çамрăкĕ Иван Айгашев Тюмень облаçĕнчи Нижневартовскри строительство организацийĕнче тĕрлĕ техникăпа ĕçлесе пуян опыт пухнă. Каярахпа чĕре туртнипе тăван енне— трактор заводне килнĕ. Хăватлă тракторсене сăнакан цехра водитель-сăнавçăра тăххăрмĕш çул ĕçлет ĕнтĕ Иван Петрович. Тракторсем çине бульдозерпа рыхлитель оборудованийе çакса çӳретӳ сăнавĕсем ирттерет, вĕсене пурнăç çулĕ çине кăларать. Техникăна лайăх пĕлнипе, ĕçсене тирпейлĕ тунипе паларса, чикĕ леш енчи командировкăра тăван предприяти продукцине ĕçре кăтартма тивĕç пулчĕ.

Н. А. Асафатов инженерпа И. П. Айгашев водитель шанчăка тӳрре кăларчĕç: «Тракторoэкспорт» специалисчĕсем вĕсен Польшăри ĕçне пысăк хак панă. «Украинецпа чăваш пĕрне-пĕри аван ăнланса ĕçлерĕмĕр»,— тет Николай Александрович.

**А. МАКСИМОВ,**
**инженер-сăнавçă.**

---

# Пĕрремĕш утăмсем

**Икĕ çул ĕнтĕ Çĕмĕрлери суту-илӳ предприятийĕ... лесçĕ. 1989 çулхи апрель уйăхĕнче хулари 8, 16, 19-мĕш магазинсене, май уйăхĕнче тепĕр 18 магазина коллективлă подряд çине куçарнă.**

Тӳрех калăпăр, пур коллектив та хуçалăх расчетне кăмăлласа йышăнман. Магазинсен заведующийĕсемпе сутуçăсем ырланă, грузчиксемпе уборщицăсем сивленĕ. Çакна ăнланмалла та. Мĕншĕн тесен грузчиксемпе уборщицăсем унччен таварçаврăнăш планĕсене тултарсан та, тултармасан та преми илнĕ. Халĕ вĕсене юлашкинчен пулакан ĕç результачĕсене кура тӳлемелле пулать. Çĕнĕлле ĕçлени чи пахаенĕ — коллективри хутшăнусем улшăнни, йывăр ĕçпе çăмăллине суйлама пăрахни, пĕр-пĕрне хисеплеме тытăнни.

Бригада подрячĕн йĕркипе ĕçлеме тытăннă малтанхи виçĕ уйăхра (май, июнь, июль уйăхĕсем) хула торгĕнчи магазинсен таварçаврăнăш планĕ 8,2 процент, пĕтĕмĕшле тупăш 9,5 процент, ĕç тухăçлăхĕ вăтамран 30 процент, ĕç укçи 25 процент ӳснĕ. Апат-çимĕç сутакан 8-мĕш магазин коллективĕ (заведующийĕ Т. П. Заплаткина) уйрăмах пысăк ӳсĕмсем тунă. Пĕлтĕрхи июль уйăхĕнче кăна унта таварçаврăнăшĕ 3,2, ĕç тухăçлăхĕ 8,1 процент чухлĕ ӳснĕ. 34-мĕш (заведующийĕ М. Л Виноходова), хуçалăх таварĕсем сутакан (заведующийĕ Т. Н. Бутузова), 22-мĕш, 1-мĕш, 19-мĕш магазинсен коллективĕсенче пысăк улшăнусем пулчĕç.

Таварсене йӳнетсе сутни таварçаврăнăшне чылай ӳстерчĕ. Пĕлтĕрхи пĕрремĕш çур çулта кăна çапла майпа 503 пин тенкĕлĕх сутнă, кооперативсемпе хăй тĕллĕн ĕçлекен çынсенчен 60 пин тенкĕлĕх ытла тавар туяннă. Çынсем шухăшне тĕпчесе пĕлес тата выртса кайнă таварсене сутас тĕллевпе 45 хутчен выставкăсем ирттернĕ, вĕсенче 131 пин тенкĕлĕх тавар сутнă.

Юлашки çулсенче хулари торг суту-илӳри производство лаптăкĕсене ӳстерес, çынсен ĕçпе кану условийĕсене лайăхлатас тĕллевпе хăшпĕр ĕçсем туса ирттернĕ. Виçĕмçул, акă, промбазăра, йывăç сутакан базăра складсем туса лартнă. Пахчаçимĕç упракан база патне чугун çул линийĕ хунă, икĕ магазин ĕçе кĕртнĕ. Пĕлтĕр икĕ хваттерлĕ пурăнмалли çурт хута янă, çывăх вăхăтрах 200 тонна пахчаçимĕç упрамалли хранилище, тепĕр магазин, пурăнмалли çурт туса пĕтермелле. 24 хваттерлĕ çурт валли проектпа смета докуменчĕсем хатĕрлесçĕ.

Туса ирттернĕ малтанхи ĕçсем бригада подрячĕн ... çине кăтартса панă, ăна малалла аталантарса пырас ĕçре вара йывăрлăхсем сахал мар-ха. Суту-илӳ работникĕсем чугун çулпа килекен грузсене вăхăтра илсе тăраймаççĕ, кашни виççĕмĕш вагонра документсемпе палăртнă чухлĕ тавар тухмасть. Магазинсене таварсем пушатмалли оборудованипе, чĕркемелли материалсемпе ситĕлĕксĕр тивĕçтерни тата ытти те.

Хулари суту-илӳ предприятийĕсем çĕнĕ йĕркепе ĕçлесе пĕрремĕш утăмсем сес тунă-ха. Çав çул-йĕр тĕрĕс пулнине суту-илӳре ĕçлекенсем те, тавар туянакансем те туйса илнĕ.

**Г. ИВАНОВ.**

---

# УРА ÇИНЕ ТĂРАТПĂР

Вăрнар тăрăхĕнче, кӳршĕллĕ Канаш, Йĕпреç районĕсемпе танлаштарсан, автоçулсем япăх. Уйрăмах колхозсемпе совхозсен ялĕсене пĕрлештерекеннисем. Яллă вырăнта çул-йĕр хывма пĕртен-пĕр хуçалăх расчетлă участок тунă. Вăл Çĕмĕрлери çул-йĕр тăвакан куçса çӳрекен механизаци колоннин подразделенийĕ пулнă. Çавăнпа та час-часах районти хуçалăхсенче мар, Çĕмĕрлери руководительсем ăçта хушнă, çавăнта ĕçлеме тиветчĕ. Виçĕмçул Вăрнарта хăй тĕллĕн ĕçлекен колонна йĕркеленĕ.

Икĕ çул иртнĕ хыççăн çак утăм питех те тĕрĕс пулни лайăх курăнать. Чăн та, эпир социаллă объектсене тата фермăсен территорийĕсене тирпей-илем кĕртмелли плана пурнăçлаймарăмăр. Хуçалăхсем хушшинчи «Вурнарская» строительство организацийĕ ĕç фончĕ уçса параймарĕ.

Анчах вăхăта усăсăр пĕтермен. КПСС райкомĕпе халăх депутачĕсен район Совечĕн ĕçтăвкомĕ пире колхозсемпе совхозсенче 25 йĕтеме, ҫĕрулми сортлакан пунктсене тирпей-илем кĕртме задани пачĕ.

Колоннăна йĕркелесен, çакăн пек тĕллев лартрăмăр. Чи малтан ĕçлĕ те туслă коллектив чăмăртамалла. Ăна пысăк тухăçлăхпа ĕçлеме кирлĕ условисем туса памалла. Апла пулсан, строительство базине тата шанчăклă техника кирлĕ. Çынсене канма, пурăнма лайăх майсем тумалла. Пурне те пурнăçлама укçа-тенкĕ самаях кирлĕ. Тата эпир пĕрремĕш кунсенченех хăйтӳлевлĕхпе хăйсаплавлăх условийĕсене йышăнтăмăр.

Халлĕхе коллективлă подряд меслечĕпе ĕçлетпĕр. Хуçалăх

## Хуçалăх ĕçĕнче—çĕнелле

реформин положенийĕпе килĕшӳллĕн производство, социаллă пурнăç аталанăвĕн, пурлăх хавхалантарăвĕн фончĕсене туса пыратпăр. Çав вăхăтрах Чăваш государство университечĕн сотрудникĕсем пулăшнипе кăçалхи январĕн 1-мĕшĕнчен аренда подрячĕ çине куçрăмăр. Çавна май коллективра унччен чылай малтан экономика вĕренĕвне йĕркелерĕмĕр.

Колоннăн хальхи асфальт завочĕ, ăна эпир тĕпрен юсанă пулсан та, ӳсекен ĕç калăпăшне тивĕçтермест. Çитес пилĕкçуллăхра строительство планĕсем 1,5 хут ӳсмелле. Çавăнпа та çĕнĕ завод туса лартатпăр. Ку вăл — çĕнĕ йышши предприяти. Унта автоматика, электроника пулать. Эппин, специалистсене паянах вĕрентсе хатĕрлемелле. Çапла тăватпăр та.

Икĕ çулта ĕçлĕ коллектив чăмăртанчĕ. Н. Кондратьев ертсе пыракан бригадăри Ф. Николаев, В. Сергеев асфальт заводне икĕ смена ĕçлеттерме пĕтĕм вăя хураççĕ. Автогрейдерист, экскаватор тата погрузчик машинисчĕсем хушшинче ăста специалистсем йышлă. В. Харитонов, А. Сергеев, А. Кошкин, В. Бардасов, В. Васильев çамрăксене хăйсем пек ĕçлеме хăнăхтараççĕ.

Малтанхи кунсенчех социаллă ыйтусене татса парасси çине тимлĕн пăхатпăр. Пилĕк автобуспа çынсене ĕç вырăнне леçетпĕр, кайса илетпĕр. Саунă туса лартрăмăр. Хамăрăн теплица пур. 80 хваттерлĕ пурăнмалли çурт тата 140 вырăнлă ача сачĕ лартма проектсем хатĕрленĕ. Коллективра тĕрлĕ массăллă мероприятисем ирттеретпĕр. Уйрăмах çулçӳреве килĕштереççĕ.

Йывăрлăхсем ытларах «Вурнарская» МСО строителĕсенчен килеççĕ. Акă, «Ленинец» колхозра шкул, Мичурин ячĕпе хисепленекен колхозра клуб, Ульянов ячĕпе хисепленекен колхозра ача сачĕн территорийĕсенче, пурĕ вунă объектра, тирпей-илем кĕртмелли ĕçсем графикпа пăхнинчен кая юлса пурнăçланчĕç.

РСФСРти Хура тăпраллă мар зонăра çул-йĕр хывассин государство программине пурнăçлама пирĕн коллектив хатĕр.

**В. САНТИМЕР,**
**Вăрнарти ДПМК инженерĕ**

---

*НОМЕРТЕ:*

## Атăл тăрăхĕнче

### Паха парне

Паха парне илнĕ Ярославль медикĕсем синтетика каучукĕн завочĕн коллективĕнчен. Ĕç коллективĕн совечĕ йышăннипе предприяти ĕçлесе илнĕ 30 пин долларпа «Клинитрон» установка туяннă. Вăл вăйлă пиçсе кайнă çынсене сиплеме пулăшать.

Установкăна облаçри Н. В. Соловьев ячĕпе хисепленекен клиника больницин пиçсе кайнисене сыватакан центрне панă. Ку вăл центрта ĕçleme тытăнакан иккĕмĕш установка. Пĕрремĕшне медиксене çулталăк каярах Çĕнĕ Ярославльти нефть продукчĕсем туса кăларакан завод коллективĕ парнеленĕ. Вăл пулăшнипе 20 яхăн вăйлă пиçсе кайнă çынна çăлса хăварма май килнĕ. Халĕ больницăра ĕçлекенсем иккĕмĕш «Клинитрон» установкăна пухма пуçланă.

«СЕВЕРНЫЙ РАБОЧИЙ»

### Çемье кооперативĕ

Пĕр уйăх каярах çеç Куйбышеври Киров райĕçтăвкомĕн коммуналлă хуçалăх пайĕнче ĕçлекен В. И. Живайкин инженер çемье кооперативне йĕркелесе кафе уçма ирĕк илнĕ. Халĕ акă Алма-Ата урамĕнче, водительсене техника пулăшăвĕ паракан автоцентра хирĕç, «Кафе-пельменная» тесе çырнă павильон уçăлнă. Çак пысăках мар павильона тума строительсем пулăшнă, ытти отделка ĕçĕсене кооператорсем хăйсем тĕллĕн пурнăçланă.

Кооперативра виçĕ çемье, пĕр-пĕрипе тăванлашнă сакăр çын. Çул çинче çӳрекен водительсем кафере пельмен, винегрет, икерчĕ илсе çиме, лимонпа чей ĕçме пултараççĕ.

— Аш-какай, пахчаçимĕçе эпир магазинсенче туянмастпăр, — каласа парать Владимир Иванович. — Çак продуктсене пире Красноярск районĕнчи хуçалăхсенчен пĕри договор тăрăх парса тăрать.

«ВОЛЖСКАЯ КОММУНА».

### МЖК çурт тăвать

Балаково хулин çĕнĕ микрорайонĕ хăйĕн чиккине пысăклатсах пырать. Кунта химиксем çĕнĕ çуртсем хăпартаççĕ. «Минудобрения» производство пĕрлешĕвĕнче ĕçлекенсем пĕлтĕр 190 пин тăваткал метра яхăн пурăнмалли çурт-йĕр илнĕ. Çĕнĕ çул умĕн чылай самрăк çемье çĕнĕ, хăтлă хваттерсене пурăнма кĕчĕ.



✦

УКРАИНА ССРĔ. Хĕвеланăçĕнчи çĕршывсенче пирĕн машиностроени изделийĕсене «XX ĕмĕр тĕлĕнтермĕшĕ» тени пире килĕшет. Çак ята Одессăри строительствăпа отделка машинисен завочĕ туса кăларнă пневмопробойник илме тивĕçлĕ пулнă. Пирĕн çĕршывра СССР Наукăсен академийĕн Çĕпĕр уйрăмĕн Сăртту ĕçĕсен институтĕнчи ученăйсем тата заводри инженерсемпе рабочисем пĕрле вăй хурса туса кăларнă машинăсем çуртсемпе сооруженисем, çулсем айĕпе пĕр чăрмавсăр инженери коммуникацийĕсем хывма май параççĕ. Пневмопробойниксене тулнас текенсем чикĕ леш енче те йышлă.

Укерчĕкре синче: Петр Иванович Рубаха тата Юрий Александрович Артюхов (сылтăмра) слесарь-сборщиксем пневмопробойниксем пухакан участокра.

ТАСС фотохроники.

✦

УÇĂ ПУХУ—ДИСКУССИ

ПАРТИ ПАЯН. УНĂН МĔНЛЕ ПУЛМАЛЛА?

# ВĂХĂТ ТАППИПЕ КИЛĔШӲЛЛĔН

**Эпир халĕ питĕ ответлă та кăткăс вăхăтра пурăнатпăр. Ку вăл парти комитечĕсемпе организацийĕсене политика тĕлĕшĕнчен тĕрĕс тишкерӳсем тума, пысăк активлăхпа, творчествăлла ĕçлеме хушать. Çакна КПСС Шупашкар хула комитечĕ мĕнле пурнăçласа пырать! Хула комитечĕн, парти райкомĕсенче, пуçламăш организацисенче çĕнетӳ епле вăй илет! Пирĕн корреспондент КПСС хула комитечĕн пĕрремĕш секретарĕпе, парти обкомĕн бюровĕн членĕпе А. А. ЛЕОНТЬЕВПА курса калаçнă.**

— Паян обществăра мĕн пулса иртнине туйса тăни кирлĕ. Кашнин, уйрăмах коммунистсен çирĕп позици йышăнмалла. Кашнин хăйĕн вырăнне палăртмалла. Хальхи вăхăтра йывăрлăхсем пирки шухăш-туйăма хĕрӳлентерни çеç кирлĕ мар, тĕплĕ шырав, конкретлă сĕнӳсем, ыйтусене татса пама коллективлă ĕç кирлĕ. Нихçанхинчен çирĕпрех пĕтĕçмелле. Çĕнетĕвĕн тĕп задачи вăл — мĕн пуррине йăлтах аркатасси мар, çапă тавăрса ĕçлесси, экономикăна çирĕплетмелли мĕнпур майсемпе усă курасси, пирĕн пурнăçăн çĕнĕ политика, экономика, право, ăс-хакăл механизмне туса хурасси.

Тăватă сулхи ĕç опычĕ çакна кăтартса панă: пултаруллă ĕçе тĕрĕс мар йĕркеленине, киввине виçесĕр аркатнине пула пурнăç ыйтăвĕсем чылай кăткăсланчĕç. Ĕçке хирĕç кĕрешессине тĕрĕс мар йĕркелерĕмĕр, кооперапи юхăмĕнче тивĕççĕр улшăнусем нумай пулчĕç, экономика реформи такăнса пырать, пурлăхпа техника енчен тивĕçтерес система хăйĕн ĕçне йывăрлатрĕ тата ытти те. Акă мĕншĕн паян ...

... кая завод «Антей» магазин уçма палăртнă.

**— Хулари парторганизацире халĕ парти пĕлтерĕшĕпе авторитечĕ çинчен дискусси пырать. Коммунистсем мĕн çинчен ыйтларах калаçаççĕ? Мĕн-мĕн сĕнеççĕ?**

— Чăнах та, дискусси вăй илсе пырать. Коммунистсем парти пухăвĕсенче, политвĕренӳ шкулĕсемпе семинарĕсенче, «çавра сĕтел» хушшинчи тĕлпулусенче, политклубсен ларăвĕсенче тата ытти çĕрте сивĕч калаçаççĕ. Тĕпрен илсен, парторганизацисен ĕç стилĕпе меслечĕсем, партин шалти ĕçĕнчи çĕнĕлĕхсем, парторганизацисем совет, хуçалăх органĕсемпе тата общество организацийĕсемпе тытакан çыхăну, экономика реформи, нацисем хушшинчи хутшăнусем, Советсен суйлавĕ çинчен активлă, усă, интереслĕ калаçу пырать. Дискуссин тĕп тĕллевĕ — çĕнĕ, чи лайăх идейăсем, принципсем, сĕнӳсем тупса палăртасси, паянхипе ыранхи кунсемшĕн коммунистсен активлăхĕпе ответлăхне ӳстересси, КПСС XXVIII съездне хатĕрленнĕ май парти строительствине çĕнетесси.

... митечĕ таранах кирлĕ. Ыранхи КПСС — демократиллĕ, хăй тĕллĕн аталанакан парти. Палăртнă ĕçсене туса, ырă тĕслĕх кăтартса, хамăр çĕнелекен обществăн авангарĕ пулнине çирĕплетсе памалла.

**— Уççăнлăх мĕнле аталанса пынин çинчен пĕлес килет. Суйланакан органсен членĕсен активлăхне ӳстерме вăл мĕнле пулăшать?**

— Ку вăл хулари парторганизацишĕн йывăр ыйту. Эпир республика хаçачĕсенче, радиопа телевидени передачисенче пленумсемпе бюросем çинчен пĕлтерсе тăрассине йĕркелерĕмĕр ĕнтĕ. Кварталта пĕрре партин пуçламăш организацийĕсен секретарĕсем, партин хула комитечĕн членĕсемпе комитет членĕн кандидачĕсем, хулари парторганизацин ревизи комиссийĕн членĕсем валли информаци бюллетенĕсем кăларса тăратпăр. Кашни кварталта парти активĕ, хула комитечĕн членĕсем валли информаци канашлăвĕсем ирттеретпĕр, хамăр та парти организацийĕсенче, ĕç коллективĕсенче хула комитечĕн ĕçĕ пирки каласа паратпăр. Çапах та ... каламаççĕ, канашлусемпе аптратмаççĕ. Çапах та ку тĕлĕшпе КПСС обкомĕн усă курман майсем чылай.

**— Мĕн килĕшет тата мĕн сырлахтармасть Сире КПСС обкомĕн ĕçĕнче?**

— Эпĕ КПСС обкомĕн бюро членĕ, апла-тăк, хам та обком ĕçĕсемшĕн ответлă. Ырă самантсене те палăртмалла. Тĕслĕхрен секретариатпа пайсене çĕнĕ вăй хушăнчĕ, обком членĕсемпе обком членĕн кандидачĕсене бюропа пленумсен решенийĕсене хатĕрленĕ çĕре активлăрах хутшăнтарма тытăнчĕç, вĕсене тĕрлĕрен вак-тĕвек ĕçсемпе аппаланассинчен хăтарса пыраççĕ. Советпа хуçалăх органĕсенче, общество организацийĕсенче ĕçлекенсене кадр ыйтăвĕсемпе ытти ыйтусене татса панă чух халăх шухăш-кăмăлне тĕпчесе пĕлме, хăйсен тĕллĕн ĕçлеме хăнăхтараççĕ. Çав вăхăтрах бюропа обком аппарачĕнче ĕçлекенсем çĕнĕ пулăмсене хак панă чухне ĕлĕкхиллех кивĕ майсемпе усă курни те сисĕнет. Политика ĕçĕнче çĕнĕ формăсемпе мелсем шыраса каймаççĕ.

**— Хăвăр ĕçе мĕнле йĕркелетĕр? Парти райкомĕсен бюро ларăвĕсенче, пленумĕсенче пулатăр-и? КПСС хула комитечĕн аппаратĕ парти райкомĕсемпе мĕнле çыхăну тытать?**

— Уйăхăн кашни эрни хăйне евĕр иртет. Тухăçлă-и вăл е тухăçлă мар — хăвăнтан килет. Уйăхăн пĕрремĕш тата тăваттăмĕш шăматкунĕсенче ĕççынисене йышăнатăп, коммунистсемпе тĕл пулатăп. Эрнекун хула комитечĕн аппарачĕпе ĕçлетĕп, хулари совет, профсоюз, комсомол, хуçалăх органĕсем ирттерекен мероприятисене хутшăнатăп. Кĕçнерникун — ĕç коллективĕсенче, предприятисемпе организацисенче пулмалли кун. Юнкун парторганизацисенчи пленумсенче, бюросенче, пухусенче, семинарсенче пулма тивет. Тунтикунпа ытларикун — хулан социаллă пурнăçĕпе экономикин аталанăвĕпе ĕçлемелли кунсем. КПСС рай...



## УРĂХ ÇĔРШЫВСЕНЧЕ

### Хĕвелтухăç Европа:

# РЕВОЛЮЦИЛЛĔ ÇĔНЕТӲ

Нумаях та пулмасть-ха, Варшавăри Договор организацийĕн аслă форумĕнче Болгари делегацине — Т. Живков, ГДР делегацине — Э. Хонеккер, Чехословаки делегацине — Г. Гусак, Румыни делегацине Н. Чаушеску ертсе пынăччĕ. Пичет, телевидени, кинохроника, хаçатсенчи фотоӳкерчĕксем нумай çул хушшинче пире асăннă çĕршывсен чи паллă та чи авторитетлă лидерĕсем—шăпах çак çынсем, тесе шутлама хăнăхтарса çитернĕ. Анчах мĕн пулса тухрĕ-ха? Живковпа Хонеккера халĕ ĕçрен хăтарнă, партирен те кăларнă. Влаçпа усă курса иртĕхнĕшĕн вĕсен çул умне тăма тивет пулĕ. Гусак хăйĕн ирĕкĕпе вырăнтан тухнă. Чаушескуна персе вĕлернĕ. Иртсе кайнă çулăн юлашки уйăхĕсенче Хĕвелтухăç Европăри мĕнпур çĕршывсенче пулса иртнĕ тарăн улшăнусем çак хăрушă событисемпе тĕлĕнтерчĕç. Берлинпа Софийăри, Прагăпа Бухарестри трагедиллĕ событисенче социализма демократипе пĕрлештерме кирли сĕнĕрен çав тери вăйлăн палăрчĕ, терĕ совет халăхне Çĕнĕ çул ячĕпе чĕнсе каланă чухне М. С. Горбачев.

Сурхури умĕн румын халăхĕ хăйне хăй хаклăран та хаклă парнепе савăнтарчĕ — Чаушеску диктатурине сирпĕтсе антарчĕ. Чĕрĕк ĕмĕр хушши халăха хăратса пурăннă, çĕршыва вăрттăн полици серепипе çыхса хунă тискертен те тискер репресси режимĕсенчен пĕри темиçе кун хушшинче тĕп пулчĕ. Çак режим пĕтесси тахçанах паллă пулнă пулин те, вăл кĕтмен çĕртен, сасартăк пĕтни çакна уйрăмах уççăн кăтартса пачĕ: халăха пусарса тăмалли вăйсем — çар тата вăрттăн пĕлтерсе тăракансем, политикăллă охранка, ятарласа вĕрентсе хатĕрленĕ тата çав тери лайăх хĕçпăшаллантарнă формированисем тата çынвĕлересен бандисем темĕнле хăватлă пулсан та, тирансен влаçĕсем вăйсăр та шанчăксăр. Вĕсем пĕрре тапăнниех пĕтме пултараççĕ. Паллах, ирĕклĕхшĕн халăх хăй кĕрешĕве çĕкленсен.

Режим пĕтни çакна та кăтартса пачĕ: Чаушеску режимĕ йышши «сулахайри» режимсем сылтăмри режимсенчен, çав шутра чи реакциллĕ режимсенчен те, нимĕнпех те уйрăлса тăмаççĕ. Массăллă информаци органĕсем тăрăшнипе çак кунсенче пĕтĕм тĕнчешĕн паллă пулса тăнă событисем акă мĕн çинчен калаççĕ: шанчăклă сталинист, «паллăран та паллă çын» пуçпулса тăнă тапхăрта «социализмлă» Румынире демократипе ирĕклĕх Пиночет влаçра тăнă Чилирипе танлаштарсан нимĕн чухлĕ те ытларах пулман. Халăх сасăлавĕн результачĕсене ...

Çакна Чехословаки тĕслĕхĕ лайăх çирĕплетсе парать. Унта парламента 1968 çулхи «Прагăри çуркунне» лидерĕ А. Дубчек ертсе пыма тытăнчĕ, «урăхла шухăшлакан» паллă драматург В. Гавел çĕршыв президенчĕ пулса тăчĕ. Сăмах май каласан, унăн произведенийĕсене пичетлесе кăларма халиччен чарса тăнă. Юлашки çирĕм çул хушшинче В. Гавел пилĕк çул тĕрмере ирттернĕ. Иртнĕ çул пуçламăшĕнче те ăна 9 уйăхлăха тĕрмене хупма приговор йышăннă. Паллах, çĕршывра политикăллă лару-тăру тĕпрен улшăнни çак çынсен шăпине те улăштарнă. Кунта Варшавăри Договора хутшăннă пилĕк государство руководителĕсем уйăх каярах 1968 çулхи августра Чехословакие çарсем кĕртсе янине сивлени паллă вырăн йышăннă.

Хĕвеланăçĕнчи комментаторсенчен хăшпĕрисем Хĕвеланăç Европăри улшăнусем пирки тĕрĕс мар выводсем тума васкарĕç. «Коммунизм викек тӳсрĕ», «социализм идейи тĕппипех пĕтрĕ», терĕç вĕсем. Паллах, йывăрлăхсене пытарма çук, вĕсем куç умĕнчех. Анчах «социализм кризис тӳсет» теме кирлĕ мар. Ку вăл — пăсса пĕтернĕ сталинла социализм кризисĕ, администрацие команда меслечĕ пуçпулса тăнă социализм кризисĕ. Çак «социализм» пирĕн çĕршыва калама çук пысăк сиен турĕ, халĕ вара Европăра тата пĕтĕмĕшпех панкрута тухрĕ. Халĕ пурнишĕн те çакă паллă: социализмпа демократие, социализмпа ирĕклĕхе пĕр-пĕринчен уйăрма çук. Çакна юриех курмăш пулакан чăнлăха пытарма тăрăшать, çапла вара хăйне валли хăйех вилĕ шăтăкĕ алтса хатĕрлет.

Социализмлă çĕршывсенчи халăхсем иртнĕ вăхăтри пурнăçран татăклăнах уйрăлаççĕ. Сăмăл мар вĕсен çулĕ. Иртнĕ вăхăтра тĕрĕс пек туйăннă шухăшсене улăштармалла. Çак çĕршывсем умне влаçăн ку чухнехи çĕнĕ, демократилле структурисене туса хурас тĕллĕшпе çав тери кăткăс задача тухса тăнă. Законпа килĕшӳллĕн, вăхăт-вăхăтпа улшăнса тăмалли халăх умĕнче ответлă çĕнĕ руководство туса хумалла. Çак задачăна пурнăçлама Румынире уйрăмах йывăр. Чаушеску диктатури унта управлени кирек мĕнле çĕнĕ органне туса хума хатланнине те пусарса тăнă. Халĕ унта çĕнĕ власть йĕркелемелле.

Пĕтĕмĕшпе илсен, Хĕвелтухăç Европăри улшăнусем пирĕн çĕнетӳ çул-йĕрĕпех пурнăçа кĕрсе пыраççĕ. Çав процессене Совет Союзĕ хутшăнмасть. Хĕвелтухăç Европăри государствăсем тĕлĕшпе пирĕн çĕршыв çĕнĕ шухăшлав принципĕсене çирĕп пăхăнать, ытти халăхсен шăпине хисеплес туйă...

## Телетайп хыпарлать

ВАШИНГТОН. США президенчĕ Джордж Буш январĕн 31-мĕшĕнче конгресăн икĕ палатин пĕрлештернĕ ларăвĕнче «Çĕршыври лару-тăру çинчен» сăмах калать. Палата кĕнĕ тăрăх президентăн черетлĕ сесси пуçланнă тĕле ятарласа хатĕрленĕ сăмахĕнче администрацин шалти тата тулашри политикин тĕп çул-йĕрĕсене кăтартса параççĕ, тĕп бюджет ыйтăвĕсене хускатаççĕ. 1991 финанс çулĕнчи бюджет проектне президент конгреса икĕ кун маларах тăратать. Малтанласа Шурă çурт бюджет проекчĕпе январĕн 22-мĕшĕнче —101-мĕш суйлаври конгресăн иккĕмĕш сессийĕ уçăлас умĕн пĕр кун маларах паллаштарма шутланă. Анчах администрацийĕ бюджет управленийĕн директорĕ Ричард Дармэн бюджет проектне палăртса хатĕрлесси вăраха кайнине пула çак ĕçе пĕр эрне каярах хăварма ыйтнă.

ГАВАНА. Сальвадортан хыпарланă тăрăх, Фарабундо Марти ячĕпе хисепленекен Наци ирĕклĕхĕшĕн кĕрешекен фронт (ФНОФМ) отрячĕсем кĕçнерникун ирхине хăрушсăрлăх вăйĕсен подразделенийĕсен позицийĕсене атакăланă. Çав подразделенисем Сальвадор столицинчен 90 километр çурçĕререх вырнаçнă гидроэлектростанцисенчен пĕрне хураллаnă.

Сан-Сальвадорта ФНОФМ хулари отрячĕсем транспорт хатĕрĕсене юрăхсăра кăларас енĕпе малалла операцисем туса ирттереççĕ. Çак кампание пăлхавçăсем пĕлтĕрхи çулла, правительство обществăлла транспорт çинче çӳренĕшĕн тӳлемелли хаксене ӳстернĕ хыççăн пуçланă.

Сальвадор хĕçпăшаллă вăйĕсен пресса енĕпе ĕçлекен комитечĕ пĕлтернĕ тăрăх, çар подразделенийĕсем столица çывăхĕнчи районсене хĕçпăшал склачĕсене тупса сиенсĕрлетес тĕллевпе тĕрĕслесе çӳреççĕ.

БЕРЛИН. Демократиллĕ Германи Республикин рабочисемпе хресченсен инспекцийĕн комитетĕнчен ГДР Халăх контролĕн комитечĕ туса хураççĕ. Вăл тӳрремĕнех государство влаçĕн чи аслă органне пăхăнса тăрать. Çак решение çĕршывăн халăх палатин президиумĕ йышăннă. Çакна ĕççынисене государствăна тытса пырас ĕçе, социализма çĕнетсе лайăхлатмалли процесса активлăрах хутшăнтарма кирлине ...

Президиум членĕсем ятарлă вăхăтлăх комитет туса хатĕрленĕ документа — суйлав çинчен калакан закон проектне — сӳтсе явнă тата ăна тĕплĕн тишкермешкĕн халăх палатин фракцийĕсемпе комитечĕсене, «çавра сĕтел» пекех тивĕçлĕ ĕçлĕ ушкăнне пама йышăннă.

Халăх палатин черетлĕ ларăвне январĕн 11—12-мĕшĕсенче пухма палăртнă.

...са тăрать.

«ВОЛЖСКАЯ КОММУНА».

## МЖК çурт тăвать

Балаково хулин çĕнĕ микрорайонĕ хăйĕн чиккине пысăклатсах пырать. Кунта химиксем çĕнĕ çуртсем хăпартаççĕ. «Минудобрения» производство пĕрлешĕвĕнче ĕçлекенсем пĕлтĕр 190 пин тăваткал метра яхăн пурăнмалли çурт-йĕр илнĕ. Çĕнĕ çул умĕн чылай çамрăк çемье çĕнĕ, хăтлă хватерсене пурăнма куçнă. Çуртсенчен чылайăшне кунта çамрăксен коллективĕ тăвать. Çамрăк каменщиксем, отделочниксем, платниксем, пĕр йыша пĕрлешсе, хăйсен вăйĕпе тăхăр хутлă çурт туса лартнă ĕнтĕ.

«КОММУНИСТ».

## Вата писатель çинчен

Иртнĕ çул вĕçĕнче совет нимĕç писателĕ Доминик Иосифович Гольман публицист хăйĕн 90 çулхи юбилейне паллă тунă. Совет Союзĕн тĕрлĕ кĕтесĕсенчен тата чикĕ леш енчен унăн ячĕпе саламлă çырусем нумай килнĕ.

Çĕнĕ çул умĕн «Текстильщик» культурăпа техника çуртĕнче «Судьба» ятлă документлă фильм премьери пулса иртнĕ. Вăл — Доминик Иосифович пурнăçĕпе творчестви çинчен. «Нойес Лебен» клуб членĕсем тата Д. Гольман талантне кăмăллакансем фильм геройĕпе тĕл пулнă.

«ВОЛГОГРАДСКАЯ ПРАВДА».

## Мĕн вăл чипсы?

Ахтубинскри апат-çимĕç магазинĕнче — черет. «Мĕн сутаççĕ!» — интересленет чылайăшĕ. «Чипсы», — ответлерĕ çамрăк хĕрарăм.

Вĕтетнĕ çĕрулмирен туса хатĕрленĕ апат 20 сантиметр вăрăмăш тата 5 сантиметр сарлакăш плиткăсенчен тăрать. Тутипе вăл хĕвелçаврăнăшне аса илтерет. Çĕрулми, механизациленĕ лини çинче вĕтетнĕ хыççăн, çăнăха куçать, ун хыççăн ăна крахмалпа хутăштараççĕ те тăварланă шывпа çăраççĕ. Хатĕр чуста касса ваклакан автомат çине лекет. Унта ăна лентăсем çине касса электрокăмакана хываççĕ. Çу çинче шаритленĕ хыççăн лентăсене палăртнă виçепе касса пайлаççĕ те картун коробкăсене хураççĕ.

Ахтубинскри консерва заводĕ хĕллехи вăхăтра ытларах ĕççĕр пулнă. Халĕ вара тикĕс ĕçлет.

«ВОЛГА».

...си, экономикăна çирĕплетмелли мĕнпур майсемпе усă курасси, пирĕн пурнăçăн çĕнĕ политика, экономика, право, ăс-хакăл механизмне туса хурасси.

Тăватă çулхи ĕç опычĕ çакна кăтартса пачĕ: пултаруллă ĕçе тĕрĕс мар йĕркелесен, киввине виçесĕр арканине пула пурнăç ыйтăвĕсем чылай кăткăсланчĕç. Ĕçке хирĕç кĕрешессине тĕрĕс мар йĕркелерĕмĕр, кооперации юхăмĕнче тивĕçсĕр улшăнусем нумай пулчĕç, экономика реформи такăнса пырать, пурлăхпа техника енчен тивĕçтерес система хăйĕн ĕçне йывăрлатрĕ тата ытти те. Акă мĕншĕн паян пултаруллă ĕçе хăвăртлатмалла.

**— Лару-тăру, халăх пурнăçĕ лайăхланасси парти организацийĕсенчен, коммунистсенчен нумай килет ĕнтĕ, Анатолий Афанасьевич.**

— Çĕнетÿ çĕнтерессе КПСС хула комитечĕн, парти райкомĕсен тата парторганизацисен ĕçне татăклăн лайăхлатмаллинче куратăп. Халлĕхе ку енĕпе малтанхи утăмсем çеç тунă-ха. Пирĕн ĕçре социаллă пурнăç ыйтăвĕсем тĕп вырăн йышăнмалла. Команда парса ертсе пырассинчен политика меслечĕсемпе ертсе пырасси çине куçатпăр. Коммунистсемпе, ĕççынисемпе иртерекен калаçу вăйланать. Партин шалти пурнăçне демократизацилес ĕç лайăхланать: суйланакан орган аппарат хушнипе ĕçлесси пăрахăçа тухса пырать, партин пуçламăш организацийĕсен, ĕç коллективĕсен, коммунистсен, ĕççынисен сĕнĕвĕсемпе ĕçре анлăн усă кураççĕ, темиçе кандидат тăратса суйлавсем, парти аппаратĕнче ĕçлекенсене суйласа илме конкурссем ирттереççĕ. КПСС хула комитечĕ пурăнмалли çурт-йĕр тумалли, апат-çимĕç, халăха кирлĕ тавар хатĕрлемелли, преступленисем тăвассине хирĕç кĕрешмелли программăсем пăхса тухса çирĕплетрĕ.

**— Вĕсем мĕнле пурнăçа кĕрсе пыраççĕ?**

— Лайăх кăтартусем çук мар: 1985 çулхипе танлаштарсан, пĕлтĕр пурăнмалли çуртсем 100 пин тăваткал метр нумайрах ĕçе кĕртнĕ, çуллен икĕ шкул вырăнне халĕ тăватă шкул туса лартаççĕ, фондпа уйăрса панă аш-какайсăр пуçне, рабочисен столовăйĕсене предприятисен хушма хуçалăхĕсенче тата колхозсемпе совхозсенче кооперации йĕркипе туса илнĕ 2,5 пин тонна аш-какай уйăрнă, пилĕкçуллăх пуçланнăранпа халăха кирлĕ таварсен калăпăшĕ 222 миллион тенкĕлĕх ÿснĕ, хулари кашни çын пуçне 150 тенкĕлĕх нумайрах тавар сутнă, 105 тенкĕлĕх тĕрлĕ пулăшу панă. КПСС хула комитечĕпе хула Совечĕн ĕçтăвкомĕ пуçарнипе, плана кĕртмен пулин те, 150 вырăнлăх ачасен больницине тума тытăннă. Хулара рабочи милицийĕн отрячĕ ĕçлет, фирма суту-илĕвĕ аталанать. Çĕнĕ çул умĕн Шупашкарта «Электроника» магазин уçăлчĕ, кăçалхи пĕрремĕш кварталта приборсем тăва...

...çассе. Теприн вĕсен, парторганизацисен ĕç стилĕпе меслечĕсем, партин шалти ĕçĕнчи çĕнĕлĕхсем, парторганизацисем совет, хуçалăх органĕсемпе тата общество организацийĕсемпе тытакан çыхăну, экономика реформи, нацисем хушшинчи хутшăнусем, Советсен суйлавĕ çинчен активлă, усă, интереслĕ калаçу пырать. Дискусси тĕп тĕллевĕ — çĕнĕ, чи лайăх идейăсем, принципсем, сĕнÿсем тупса палăртасси, паянхипе ыранхи кунсемшĕн коммунистсен активлăхĕпе ответлăхне ÿстересси. КПСС XXVIII съездне хатĕрленнĕ май парти строительствине çĕнетесси.

**— Хула комитечĕпе парти райкомĕсенче ĕçлекенсем КПСС ретĕнчен тухакан хăшпĕр коммунистсем пирки мĕн шутлаççĕ?**

— Парти статистикин чĕлхипе каласан, виçĕмçул хулари парти организацийĕнче 18 çын хăйсем ирĕккĕн парти членĕнчен тухнă, пĕлтĕрхи 10 уйăхра вара — 79 çын, ку вăл тĕп хуламăрти коммунистсен йышĕн 0,3 процентĕ пулать. Паллах, кун пек кашни факт хыççĕнче уйрăм çын тăрать, кашнин хăйĕн сăлтав пур — кусене хăшпĕр чухне пĕтĕмлетсе палăртма та йывăр. Кăткăс, çăмăл мар ыйтусем. Вĕсене тишкеретпĕр, тивĕçлĕ выводсем тăватпăр, коммунист авторитечĕпе рольне ÿстерме мерăсем йышăнатпăр.

**— Парти авторитетне çĕклес тесен, уп пурнăçĕнче мĕнле çĕнĕлĕхсем курастăн, мĕнле улшăнусем кĕртестĕн?**

— Пирĕн парти общество çĕнелсе пынинчен хăвăртрах та ăнăçлăрах çĕнелсе пымалла. Çавăн чухне кăна вăл обществăн политика авангарĕ пулса тăма пултарать. Парти ĕçĕнче халăх демократин çÿллĕ пусăмри аталанăвне, демократиллĕ обществăн чăн-чăн тĕслĕхне курасшăн. Эпĕ ăнланнă тăрăх, парти революциллĕ çĕнелсе пырать-тĕк, унăн тĕрлĕрен йăнăшсенчен, Сталин хыççăн юлнă «еткерлĕхрен», пĕр вырăнта тăнă тапхăр юлашкисенчен, субъективлă витĕмсенчен тасалмалла. Обществăра малта пыракан вăйсем хăйсен ĕç-хĕлне çирĕп тĕллевлĕн те килĕшÿллĕн туса пымалла. Çĕнетÿ процесĕсене совет тата хуçалăх органĕсемпе пĕрле аталантармалла, вĕсен ирĕклĕхĕпе хăйтĕлллĕнлĕхне шанмалла, компетентлăхĕпе ответлăхне унта ĕçлекен коммунистсем урлă ÿстерсе пымалла.

Кунсăр пуçне, коллективлă ертсе пырассине ячĕшĕн çеç мар, чăннипех йĕркелемелле, парти органĕсене тата лидерĕсене суйлассине те çĕнетмелле, аялтан пуçласа çÿлти сийсене çитиччĕнех политика мелĕсене алла илмелле. Команда парса ĕçлес йăла ан пултăр. Ăнлантармалла-ĕнентермелле, пулăшмалла — акă парти организацийĕсен тĕллевĕ. Пурин те çакна ăнланмалла: партие çĕнетесси, ăна çĕнĕ хăват парасси — тĕплĕн тумалли пысăк ĕç. Пуçарулăхĕпе ответлăхĕ кунта пуçламăш парторганизацирен пуçласа КПСС Центральнăй Ко...

...че, радиопа телевидени передачисенче пленумсемпе бюросем çинчен пĕлтерсе тăрассине йĕркелерĕмĕр ĕнтĕ. Кварталта пĕрре партин пуçламăш организацийĕсен секретарĕсем, партин хула комитечĕн членĕсемпе комитет членĕн кандидачĕсем, хулари парторганизацин ревизи комиссийĕн членĕсем валли информаци бюллетенĕсем кăларса тăратпăр. Кашни кварталта парти активĕ, хула комитечĕн членĕсем валли информаци канашлăвĕсем ирттеретпĕр. Хамăр та парти организацийĕсенче, ĕç коллективĕсенче хула комитечĕн ĕçĕ пирки каласа паратпăр. Çапах та ĕççынисем КПСС хула комитечĕн ĕçĕ çинчен питĕ сахал пĕлеççĕ. Çак ситменлĕхе пĕтерес тĕллевпе парторганизацисенче КПСС хула комитечĕн бюровĕн членĕсен, хула комитечĕн членĕсен отчечĕсене ытларах ирттерме, халăхпа нумайрах тĕл пулма палăртнă.

**— Решенисем йышăннă чухне тĕрлĕшухăшлăхпа мĕнле усă куратăр? Йышăннă решенисем пурнăçа кĕрсе пынине мĕнле контроллесе тăратăр?**

— Тĕрлĕшухăшлăха пленумсенче те, бюросенче те, комисси ларăвĕсенче те, хула комитечĕн ĕç ушкăнĕсенче те шута илетпĕр. Пĕр тĕслĕх çеç илсе кăтартам. III пленум халăха кирлĕ таварсем туса кăларас тĕлĕшпе парти организацийĕсен организаторла ĕçĕпе политика ĕçне вăйлатасси çинчен ыйту пăхса тухрĕ. Пленума хатĕрленнĕ май тата пленумра КПСС хула комитечĕн членĕсем 89 сĕнÿ пачĕç. Халĕ хула комитечĕн ĕçĕнче чи йывăрри доклад çырасси мар, решени хатĕрлесси. Çак ĕçе сĕнĕлле йĕркелерĕмĕр. Контроль ĕçне урăхлатрăмăр. Йышăннă решени пурнăçа кĕрсе пынине КПСС хула комитечĕн членĕсен ушкăнĕ е ятарлă комисси тĕрĕслесе тăрать. Унччен çак ĕçе КПСС хула комитечĕн пайне е сотрудникне хушаттăмăр. Решение камăн пурнăçламаллине палăртса хуни те ответлăха ÿстерет. Унччен решенисем ытларах чухне пуш сăмахсенчен тăнă, кашни пунктшăн кам ответлă палла пулман. Решенисем мĕнле пурнăçа кĕрсе пыни çинчен пленумсенче, бюро ларăвĕсенче, комиссисенче КПСС хула комитечĕн членĕсен, коммунист-руководительсен, парторганизаци секретарĕсен отчечĕсене тăтăшах итлетпĕр. Çакан усси пысăк.

**— Кулленхи ĕçре хăвăра КПСС обкомĕнче ĕçлекенсем пулăшса пынине туятăр-и?**

— Эпĕ яланах çак принципа тĕпе хуратăп: кам пулăшу кĕтет, пулăшасса шанать — ăна пулăшаççĕ. Çак тĕлĕшпе пăхсан, КПСС обкомĕнче ĕçлекенсем пире пулăшаççĕ. Çакна май тепĕр ыйту сиксе тухать: вĕсем пире пулăшнин пахалăхĕ мĕнле? Ĕçре мана шаннине, ĕçре чăрмантарманнине те пулăшу вырăнне хуратăп, ăс парса тата тахçан пĕлекен чăплăхсене каласа чăрмантармаççĕ, вак-тĕвекшĕн турт...

...вăл е тухаслă мар — хăвăнтан килет. Уйăхăн пĕрремĕш тата тăваттăмĕш шăматкунĕсенче ĕççынисене йышăнатăп, коммунистсемпе тĕл пулатăп. Эрнекун хула комитечĕн аппарачĕпе ĕçлетĕп, хулари совет, профсоюз, комсомол, хуçалăх органĕсем ирттерекен мероприятисене хутшăнатăп. Кĕçнерникун — ĕç коллективĕсенче, предприятисемпе организацисенче çÿремелли кун. Юнкун парторганизацисенчи пленумсене, бюросенче, пухусенче, семинарсенче пулма тивет. Тунтикунпа ытларикун — хулан социаллă пурнăçĕпе экономикин аталанăвĕпе ĕçлемелли кунсем. КПСС райкомĕсен пленумĕсенче, партин хуçалăх активĕн пухăвĕсенче пуринче те тенĕ пекех пулатăп. КПСС райкомĕсен бюровĕсенче — сахалрах, чи кăткăс та пысăк ыйтусене сÿтсе явнă чухне кăна.

КПСС хула комитечĕпе райкомĕсен задачисемпе функцийĕсене çирĕп палăртнă. Хула комитечĕн ĕçĕнче хула пурнăçĕн кулленхи чи кирлĕ тата малашлăх ыйтăвĕсене — социаллă пурнăç программине, экономика аталанăвне, управлени структурине лайăхлатассине, идеологи тата организациллĕ-партиллĕ ĕçе ертсе пырассипе тĕп вырăна хунă. КПСС райкомĕсем партин пуçламăш организацийĕсемпе ытларах ĕçлеççĕ. Çапла вара эпир пĕр-пĕрин ĕçне туса пырассинчен хăтăлтăмăр.

**— Хула комитечĕн пĕрремĕш секретарĕнче икĕ çула яхăн ĕçлетĕр. Парти ĕçĕнче ертсе пыракан çын пулни çырлахтарать-и Сире?**

— Пит çырлахсах каймастăп. Хампа хам çырлахманни, мĕн те пулин туса çитерейменнипек, ĕлкĕрейменнипек туйни, куна тĕрĕс мар тунă, ку ăнăçлах пулаймарĕ тесе шутлани — манăн кашни кунхи туйăм темелле. Хам тунă ĕçсене, йышăннă решенисене, шыравсемпе хăтланăшсене яланах тишкерсе тăратăп. Манăн вăтам ĕç кунĕ 14—16 сехете яхăн.

**— Апла, канма та вăхăт юлмасть...**

— Мĕнле калас, вăхăт питĕ сахал, пĕр вырсарникун çеç тесен те юрать, анчах вăл та яланах тивĕçмест. Килте тата садра ĕçлетĕп. Пуринчен те ытларах столяр ĕçне — каскалас-савалас ĕçе хисеплетĕп.

**— Кĕçех Шупашкар хула хаçатне кăларма пуçăнасси пирки сăмах çÿрет. Тĕрĕссех-и ку?**

— КПСС обкомĕн бюровĕ хула хаçатне кăларасси пирки решени йышăнчĕ. Вăл КПСС хула комитечĕпе халăх депутачĕсен хула Совечĕн пичет органĕ пулать. Хальхи вăхăтра пурлăх, укçа-тенкĕ ыйтăвĕсемпе, организациллĕ ыйтусемпе ĕçлетпĕр. Вĕсене татса парсан, хаçат хăçан тухма тытăнасси, унăн калăпăшĕ пирки, вăл эрнере миçе хут тухасси çинчен пĕлтерĕпĕр.

**«Коммунизм ялавĕ» хаçатăн парти пурнăçĕн пайĕн заведующийĕ А. КРЫСИН калаçнă.**

...пĕтме пултараççĕ. Паллах, ирĕклĕхшĕн халăх хăй кĕрешĕве çĕкленсен.

Режим пĕтни çакна та кăтартса пачĕ: Чаушеску режимĕ йышши «сулахайри» режимсем сылтăмри режимсенчен, çав шутра чи реакциллĕ режимсенчен те, нимĕнпех те уйрăлса тăмаççĕ. Массăллă информаци органĕсем тăрашнипе çак кунсенче пĕтĕм тĕнчешĕн паллă пулса тăнă событисем акă мĕн çинчен калаççĕ: шанчăклă сталинист, «паллă-ран та паллă çын» пуçпулса тăнă тапхăрта «социализмлă» Румынире демократипе ирĕклĕх Пиночет влаçра тăнă Чилирипе танлаштарсан нимĕн чухлĕ те ытларах пулман. Халăх сасăлавĕн результачĕсене шута илсе, генерал çывăх вăхăтрах влаçа хăйĕн аллинчен памă хатĕрленет. Чаушеску вара юлашки самантчченех влаçа аларан вĕçертесшĕн мар тапăçнă, хăйĕн патшалăхне юнлă террорпа усă курса çалса хăварма хăтланнă...

Çирĕппĕнех çакна йышăнмалла: темиçе уйăх каярах кăна эпир халĕ мĕн пулса иртнине асамлă тĕлĕкре те курма пултарайман. Социализмлă государствăра коммунистсен партийĕ влаçра тăракан парти пулма пăрахасси, оппозицири парти пулса тăрасси çинчен кам шухăшлама пултарнă? Анчах Польшăра тата Венгрире шăпах çапла пулса тухрĕ. Социализмлă мĕнпур çĕршывсене обществăлла тата политикăллă пурнăçра çĕнĕ вăйсем мала тухма пуçларĕç. Юлашки вăхăтченех çав вăйсем сасă правипе усă курайман. Репресси аппарачĕ вĕсене пусарнă.

...çĕнĕ, демократилле структурисене туса хурас тĕлĕшпе çав тери кăткăс задача тухса тăнă. Законпа килĕшÿллĕн, вăхăт-вăхăтпа улшăнса тăмалли халăх умĕнче ответлă çĕнĕ руководство туса хумалла. Çак задачăна пурнăçлама Румынире уйрăмах йывăр. Чаушеску диктатури унта управлении кирек мĕнле çĕнĕ органне туса хума хăтланнине те пусарса тăнă. Халĕ унта çĕнĕ власть йĕркеленмелле.

Пĕтĕмĕшпе илсен, Хĕвелтухăç Европăри улшăнусем пирĕн çĕнетÿ çул-йĕрĕпех пурнăçа кĕрсе пыраççĕ. Çав процессене Совет Союзĕ хутшăнмасть. Хĕвелтухăç Европăри государствăсем тĕлĕшпе пирĕн çĕршыв çĕнĕ шухăшлав принципĕсене çирĕп пăхăнать, ытти халăхсен шăпине хисеплес туйăма тĕпе хурать.

Хĕвелтухăç Европăри çĕнĕ лару-тăру пирĕн пĕтĕм континентри лару-тăрăва витĕм кÿрет. Малашлăх çав тери интереслĕ. Сăмахран, пĕр-пĕрне хирĕ-хирĕçле икĕ блок — НАТО тата Варшавăри Договор организацийĕ — малашне политикăллă организацисем пулса тăма пултараççĕ: вĕсен тĕрлĕрен обществăлла стройлă çĕршывсем килĕштерсе ĕçлессине йĕркелесе ямалла пулать. Начар-и çакă? «Пĕтĕм Европа килне» туса хурас шухăш виç-тăват çул каярах çеç-ха пушă ĕмĕт пек е нумай-нумай вăхăт иртнĕ хыççăн кăна пурнăçа кĕмелли тĕллев пек туйăннă пулсан, халĕ вăл çывăх вăхăтрах пурнăçа кĕрессе çирĕп шанаççĕ.

Ю. ЛОПАТИН.
(ТАСС).

...комитетĕнчи ГДР Халăх контролĕн комитечĕ туса хураççĕ. Вăл тÿрремĕнех государство влаçĕн чи аслă органне пăхăнса тăрать. Çак решение çĕршывăн халăх палатин президиумĕ йышăннă. Çакна ĕççынисене государствăна тытса пырас ĕçе, социализма çĕнетсе лайăхлатамалли процесса активлăрах хутшăнтарма кирлипе ăнлантарма пулать.

Президиум членĕсем ятарлă вăхăтлăх комитет туса хатĕрленĕ документа — суйлав çинчен калакан закон проектне — сÿтсе явнă тата ăна тĕплĕн тишкермешкĕн халăх палатин фракцийĕсемпе комитечĕсене çавăн пекех «çавра сĕтелĕн» тивĕçлĕ ĕçлĕ ушкăнне пама йышăннă.

Халăх палатин черетлĕ ларăвне январĕн 11—12-мĕшĕсенче пухма палăртнă.

СОФИЯ. НРБ Государство совечĕпе Министрсен совечĕ Болгарири тĕрĕк чĕлхине калаçакан халăхсен прависемпе ирĕклĕхĕсене хĕсине пĕтерес тĕлĕшпе пĕрлехи решени йышăннă. Çак решение «çавра сĕтел» хушшинче ирттерекен консультацисене хутшăнакан общество организацийĕсемпе политика ушкăнĕсем ырланине палăртнă.

Пĕрлехи решени, палăртнă вĕсем йышăннă заявленире, политика тĕлĕшĕнчен паттăр ĕç пулса тăрать тата Болгари халăхĕ Т. Живков вăхăтĕнчи пĕр çын хуçа пулса тăнă режимăн киревсĕр пулăмĕсене тĕпĕ-йĕрĕпех пĕтерме, демократиллĕ тата гуманистла общество, ку чухнехи право государстви туса хума тăрăшнипе туллин килĕшсе тăрать.

ПРАГА. Чехословаки правительствин пуçлăхĕ Мариан Чалфа СССР тулашри экономика çыхăнăвĕсен министрĕпе Константин Катушевпа иртнерĕ тĕлпулура ССР Союзĕпе ЧССР хушшинче экономикăра килĕштерсе ĕçлессине малалла аталантарас ыйтусене сÿтсе явнă. Социализмлă Чехословаки Республикине нефть тата нефть продукчĕсем ăсатасси çине уйрăмах тимлĕ пăхнă. Экономика интеграцийĕпе СЭВ ĕçĕ-хĕлĕн ыйтăвĕсене, çавăн пекех икĕ енлĕ суту-илÿре хаксем туса хурас ыйтусене пăхса тухнă.

(ТАСС).

## Хăрушлăх пысăк

РАБАТ. (ТАСС). Атлантика океанĕ çийĕп вĕрекен çилсем урăх еннелле çавăрнин Мароккăра Иранăн «Харк-5» танкерĕнчен океана юхса тухнă нефть çырана тухасса шанма май панă. Хальхи вăхăтра нефть лаптăкĕсем çыран хĕррипе кăнтăр еннелле куçаççĕ. 20 километр тăршшĕ пĕр лаптăк кăна Сафи хули тĕлĕнче тăрать.

Мароккăри влаçсем шутланă тăрăх, танкер ăшĕнчен юхса тухнă 70 пин тонна нефтьрен çуррине яхăн шывра ирĕлсе пĕтнĕ, хумсемпе тата çилпе сапаланнă. Анчах нефтĕн пысăк пайĕнчен чăмăркկасем пулса тăнă. Специалистсем шутланă тăрăх, çавна пула шыва нефтьрен тасатма питĕ йывăр. Нефтĕн химилле уйрăмлăхĕсем улшăнни шыва абсорбентсемпе усă курса тасатма чăрмантарать.

● *Хаçатра çырнă хыççăн*

# «ХĂÇАНЧЧЕН ПЫРĔ-ШИ?»

Çак ятпа пичетленнĕ çыру авторĕ М. Карягина студентка университетри студентсем валли морфологи учебникĕ çуккишĕн тивĕçлипех пăшăрханать. Хальхи чăваш чĕлхи курсĕ чăваш уйрăмĕнче вĕренекенсемшĕн тĕп предметсенчен пĕри шутланать. Вăл виçĕ пайран тăрать, студентсем ăна виçĕ çул хушши вĕренеççĕ. Çак курсăн морфологи пайне тишкерсе çырнă И. П. Павлов учебникĕ, чăнах та, кивелчĕ. Чылай ыйтăва хальхи вăхăтра ку учебникринчен урăхларах ăнлантарма тивет. Морфологие вулакан преподавательсем, çав шутра В. И. Сергеев та, курса чу чухнехи çĕнĕлĕхсене шута илсе вулаççĕ. Çавна пула студентсен преподаватель лекцийĕсене тимлĕрех итлеме тивет. Шел, тимлĕх пурин те пăрасшăнах мар. М. Карягина та акă «Павлова та вула, Сергеева та пĕл» тесе ÿпкелешме пăхать.

Вулас та, пĕлес те пулать çав. Студент вĕт пĕлÿ шырама кÿлĕннĕ çын, унăн тĕрлĕ шухăша танлаштарса тишкерме, тивĕçлĕ вывод тума хăнăхса пырас пулать. Вуламасăр-шухăшламасăр чăннине тупма епле хăнăхас-ха! Чăмласа парасса кăна кĕтсе ларсан, специалист шăпе тивĕçлĕ пулайăпăр-и — акă мĕн ытларах шухăшлаттармалла студента.

Шкул учебникĕсенче ăнлантарни пур чух те университетра вĕрентнипе пĕре килменнишĕн те ÿпкелешме кирлĕ мар. Паянхи студент ÿлĕм шкул учебникĕ çырма хатĕр пулмалла. Çавăншăн вĕренет те вăл. Апла пулсан, пĕрешкелрех сукки каллех ăна тарăхтармалла мар, шухăшлама-тишкерме хистемелле.

Çапах та студентсем валли учебниксемпе пособисем халлĕхе питĕ сайра пичетленеççĕ. М. Карягина кун пирки тĕрĕсех астутарать. Университетăн пичетлеме ирĕк çук, кĕнеке издательстви те сахал тиражлă учебниксене кăларасшăнах мар. В. Н. Сергеев хăй вулакан курсăн пĕр пайне темиçе çул каялла кĕнеке издательствине пичетлеме тăратрĕ. Анчах унăн ĕçĕ паян кун та пичетленмерĕ-ха.

И. АНДРЕЕВ,
Чăваш государство университечĕн чăваш чĕлхи кафедрин заведующийĕ, профессор.

## Камăн мĕншĕн ăш вăркать

Вăрçă умĕнхи тата ун хыççăнхи çулсенче ялсене хуласенчен, пĕчĕк ушкăнпа та пулин, театр е цирк артисчĕсем килсе çÿретчĕç. Ун чухне вĕсене пĕр ялтан тепĕр яла лашапа леçеттĕмĕр. Клубсем пĕчĕкчĕ, сценисем те çавнашкаллахчĕ, çапах артистсем ÿпкелешнине астумастăп.

Паянхи пекех куç умĕнче Николай Комиссаровпа Капустин (ятне астумастăп) чăваш ташшине çаврăнăçуллăн ташлани, Н. Комиссаров салтак тумĕпеччĕ. Эпир, ача-пăча ăна ăмсанса пăхаттăмăр. Борис Алексеев, Анна Казакова тата ытти артистсене астуса юлнă. Иртнĕ çулсенче те кипкелесе каятчĕç чăваш артисчĕсем. Пĕлтĕр вара пирĕн тăрăхра пулмарĕç.

Кÿршĕ республикăсемпе облаçсенчен, ют çĕршывсенчен артистсем концертсемпе килнине илтетпĕр. Çаксем пĕтĕмпех — хулара пурăнакансем валли, эпир вара, ял çыннисем, пĕлтерĕве илтенипех çырлахатпăр, Паллах, унтан-кунтан килнĕ артистсем ялсем тăрăх çÿреймĕç, анчах хамăрăн чăваш артисчĕсен пире манас марччĕ.

Н. СТЕПАНОВ,
ĕçпе вăрçă ветеранĕ.
Канаш районĕ,
Ешкилт ялĕ.

●

*Çĕрпÿ районĕнчи хатĕрлев кантурĕн работникĕсем çăмтир, çĕтĕк пустарас ĕçе ялăх йĕркеленĕ. «Правда» совхозĕри Апакасси ялĕнче ку енĕпе еласа ырăнтан хускатнă пекха, арнере виçĕ хутчен районтан пыма калаçса татăлнă. Çапах палăртнă кунсенче хатĕрлевçĕсем пыманни ытларах пулать. Сăмахран, Мамликассипе Елаш ялĕсем Апакассинчен çичĕ çухрăмра вырнаçнă. Ватă кинемейсем тухса çÿреймеççĕ. Кайнисем те тепĕр чухне вăхăта усăсăр ирттереççĕ.*

*Хатĕрлев кантурĕн ĕçенчĕсем ялсем тăрăх хăйсем тухса çÿресен лайăхрах пулĕччĕ.*

Н. МАТВЕЕВ,
ĕç ветеранĕ.
*Çĕрпÿ районĕ,*
*Мамликасси ялĕ.*

●

Ялти социаллă пурнăçа лайăхлатас тĕлĕшпе ĕçлени паллă. Çапах та Красноармейски районĕнчи «Большевик» колхозра ку ĕç курăнсах каймасть-ха. Уйрăмах çул тăвас, шыв колонкисем вырнаçтарас тата ытти ыйтусене татса парас тĕлĕшпе çине тăрса ĕçлени ситмест.

Ыхракассипе Çеçмер ялĕсене 100 хуçалăха яхăн. Кунта магазин пур, анчах та çул çук пирки куллен кирлĕ таварсем, çăкăр вăхăтра илсе пыраймаççĕ.

Çул çукки шкул ачисене те чăрмав кÿрет. I—IV классенче вĕренекенсен 5—6 çухрăм утас пулать.

Çакăн пирки мĕн шутлаççĕши халăх депутачĕсен Пикшик ял Совечĕн ĕçтăвкомĕпе хуçалăх руководителĕсем!

В. НИКИФОРОВ,
обществăлла корреспондент.

●

*Телефон ĕçлеменнине, магазин хупă тăнине ял ĕçтăвкам председателĕ те, депутатсем те пĕлеççĕ. Анчах кун çинчен темĕн чухлĕ ача илтерсен те усси сисĕнмест. Магазин çуртне çĕнĕрен тумалла мар, унта кĕрсе тухма вырăн çителĕклĕ, икĕ склад пур. Сăлтавне сутуçă çуккипе ăнлантарма пăхаççĕ. Халĕ вара тавар туянма виçĕ çухрăмри кÿршĕ яла çÿретпĕр.*

*Елĕк ялта Ф. Раков сутă тăватчĕ. Хăйĕн лашипе Хусана, Шупашкара кайса супăньрен пуçласа типĕтнĕ пулă таранах илсе килетчĕ. Хальхи вăхăтра апат-çимĕç программине пурнăçлатпăр тетпĕр пулсан, ырăнти елаçăн ял халăхĕн ну шине шута илмеллех ĕнтĕ.*

А. АРСЕНТЬЕВ,
ял халăхĕ ыйтнипе Аслă Отечественнăй вăрçăн II группăри инвалиечĕ.
*Вăрнар районĕ,*
*Хурапыр ялĕ.*

●

Нумай пулмасть Шупашкарта пĕлĕшĕмпе тĕл пултăм. Пĕрпĕрне курманни 2—3 çул та пулать, çавăнпа питĕ савăнтăмăр. 2—3 çул нумай вăхăтах пулмасан та, çак хушăра пирĕн пурнăçра улшăнусем пулнă. Таня (ятне улăштарма тиврĕ) калаçнине хумханмасăр итлесе парма пултараймарăм. Унăн шăпи алла ручка тытса хаçата çырма, паянхи хĕрсемпе каччăсен чысĕпе тивĕçĕ çинчен тарăнраххăн шутлама хистерĕ.

Таня манран виçĕ çул аслă, çамрăк, яштака пÿллĕ, илемлĕ хĕр. Шăпах каччăсен чĕрине пĕçертсе çунтараканскер. Ун пек хĕрсем каччăсен куçне хылчăк пекех тăрăнаççĕ. Кунпа Таньăн савăнмалла çеç ĕнтĕ. Анчах...

Хĕр чухне, каччă чухне, камăн юратас килмĕ-ха! Пысăк, таса юрату вăл çĕнĕ тĕнчене кĕнĕ пекех, юрлас, ташлас, шÿтлес, татах та пурăнас килет. Юратма пĕлекен çын кăна хăйне Этем теме пултарать. Çапла мар-и, хисеплĕ вулакансем!

...Таня хăйĕнчен икĕ çул асларах каччăна юратнă. Мĕнех калăн, каччи сарлака хул-çурăмлă, сăнран пăхма илемлĕ, чĕлхи япшар. Çапла, юратнă, шаннă ăна çамрăк хĕр, йывăр самантсенче каччăн сарлака та тĕреклĕ кăкăрĕ çине пуçне хурса макăрма пултарнă. Анчах та вăл пурнăçра тÿрлетейми йăнăш туса хунă. Чунĕ тăвăнса çитнипе хăй çине алă хума та хатĕрленнĕ, çапах вăхăтра тăна кĕрет, ишĕлме пуçланă чăнкă çыран хĕрринче чарăнма ĕлкĕрет...

Кĕсре кĕçĕнмесен, ăйăр пымасть, теççĕ халăхра. Çак сăмахсемпе пирĕнтен кашниех çăмăллăнах тÿрре тухма тăрăшать. «Таса хĕрсем модăран тухнă халĕ...» — тесе каланине те илтме пулать. Тен, паянхи каччăсемпе хĕрсене ахалех айăплатпăр! Çамрăксен хăйсен ирĕкĕ мар-ши хăйсене еплерех тыткаласси, кама юратасси! Çук, çук! Ку вăл пачах та ун пек мар. Хĕрсем, манăн сире çакна калас килет. Ашкăнма юратакан çăмăлттай ăслă каччă шухăшласа кăларнă «çĕнĕ мода» хыççăн ан кайăр.

Юлашкинчен манăн сав каччăна хаçат урлă çапла калас килет. Эсĕ те ĕмĕрех пĕччен пурăнмăн, çемьеллĕ пулăн, ывăл та, хĕр те пулĕ. Енчен те санăн пĕртен-пĕр хĕрне çапла кÿрентерсен, сана еплерех пулĕччĕ-ши! Çавăн çинчен эсĕ шутланă-ши, «чиперскер»! Е эсĕ пачах та шутлама пĕлместĕн-и! Мĕн туса хутăн çамрăк хĕр пурнăçĕпе! Юрататьçке вăл сана, илтетĕн-и!

И. ЯКОВЛЕВА.
Шупашкар хули.

●

*Красноармейски районĕнчи «Нива» совхозпа «Герой» колхоза çыхăнтарса тăракан çул юхăннă. Шофер-трактористсем вара йывăç тăрăхĕпе çав çул хушшинче, колхозăн сухалакан çĕрĕ çинче тепĕр çул тунă.*

*Совхоз дирекцийĕ çак çитменлĕхпе килĕшсе ларни тĕлĕнтерет. Çĕрпе çапла тирпейсĕр хуçаланма юрать-ши?*

А. ПОРФИРЬЕВ.

●

Çак рубрикăпа пичетленнĕ заметка пирки (Ю. Листопад, 1989 çулхи октябрĕн 3-мĕшĕ) çапла пĕлтеретпĕр: хаçатри фактсем тĕрĕс.

Вăрман-Çĕктер ял Совечĕн ĕçтăвкомĕпе СССР 50 çул тултарнă ятпа хисепленекен совхоз администрацийĕн пĕрлехи парăвĕнче Салапайкассинче фельдшерпа акушер пункчĕ валли 3 пÿлĕмлĕ çурт тума йышăннă. Ăна 1990 çулхи III кварталта ĕçе яма палăртнă.

В. ДАВЫДОВ,
халăх депутачĕсен Вăрман-Çĕктер ял Совечĕн ĕçтăвкомĕн председателĕ.

# ШĂМАЛАКРИ ЛАГЕРЬ

**ИЛЕМЛĔ ВЫРĂНТА ШĂМАЛАК ЯЛĔ. ХЫР ВĂРМАНĔ ÇУМНЕ ЙĂПШĂННĂ ЯЛА ПАТНЕ ÇИТСЕН КĂНА АСĂРХАТĂН. КУНТАН ИНÇЕХ ТЕ МАР, ВĂРМАН УРЛĂ, ЛĂПКĂ ЮХАКАН ХЫРЛА ШЫВĔ. ЕПЛЕРЕХ ПУЯН ТАТА ВĂРМАНĔ: ВУНШАР ТĔРЛĔ ÇЫРЛА, КĂМПА, ЭМЕЛ КУРĂКĔ, ÇУРĂМА, ÿТ-ПĔВĔ КАНТАРАКАН ХУРĂН МИЛĔКĔ ТЕ КУНТАХ.**

ПУРИНЧЕН те лайăххи вара — Шăмалак çыннисем: сăпайлă, çынпа таравтлăскерсем. Кунта эпĕ ялта тăватă класс пĕтерсен пĕр çул вĕреннĕ, вăрçă хыççăнхи çулсенче Лаш Таяпари вăтам шкулта Шăмалак ачисене нумай çул хушши вĕрентнĕ, темиçе хутчен Шăмалакри пионер лагерĕн начальникĕ пулса ĕçленĕ. Çавăнпа эпĕ шăмалаксене лайăх пĕлетĕп, вĕсем те мана манман-ха.

Анчах паян мана савăнăçлă çуллахи пионер лагерĕ мар, Аслă Отечественнăй вăрçăн малтанхи çулĕсенче Шăмалакра пулнă хăрушă лагерь аса килчĕ.

Юлашки вăхăтра эпир Çĕпĕрте, Уралта, Инçет Хĕвелтухăçĕнче Сталинăн çынсене вĕлерсе пĕтермелли вуншар, çĕршер лагерĕсем çинчен вуласа пĕлетпĕр, вĕсенче вырăна, пысăк нушапа вилнĕ е персе пăрахнă çынсен кунçулĕпе интересленетпĕр. Çав вăхăтрах хамăрпа çумрах пулнă лагерь çинчен нимĕн те пĕлместпĕр.

Чи малтан эпĕ ун çинчен Феодосия Николаевна Дмитриевăран илтрĕм:

— Вăрçă вăхăтне эпĕ хамăн çемьепе Шăмалак ялĕнче пурăнса ирттертĕм. Эсир нимĕç фашисчĕсемпе çапăçнă çулсенче кунта тискер ĕçсем пулса иртрĕç. 1941 çулхине арçынсене фронта илсе кайса пĕтерчĕç пулсан, эпир, хĕрарăмсемпе ачасем, пулса çитнĕ тырра пухса кĕртрĕмĕр, çĕрулмине пуçтартăмăр.

Унтан вара йĕпе-сапа кайрĕ, уйăхĕпе çумăр, сивĕтсен — юр çума пуçларĕ. Начар çанталăк.

ПĔР каçхине çапла сывăрай масăр выртатăп. Урамра темĕнле шăв-шав, йытă вĕрни илтĕнет. Сĕм-тĕттĕм каç. Урама тухма та хăрушă. Ирхине сутăласпа чÿречерен пăхатăп та, тĕлĕк-и ку е чăн-и?

Урам тулли çĕтĕк-çатăк тумланнă çынсем пуçĕсене чиксе, сивĕпе чĕтресе тăраççĕ. Салтаксем, командирсем унта-кунта чупкалаççĕ, кăшкăрашаççĕ, кашкăр пек йытăсем пур.

Кайран пĕлтĕм: таçтан аякран, Ленинград патĕнчен тĕрмери çынсене хăваласа килнĕ иккен. Виçĕ пин çын терĕç. Вара шкул картишĕнчи çуртсене йĕплĕ пралукпа тытса çавăрчĕç, кĕтессене вышкăсем лартрĕç. Салтаксем вĕсене йытăсемпе сыхлама пуçларĕç. Кăнтăрла вĕсене ĕçлеме вăрмана илсе çÿретчĕç. Мĕнле хĕнетчĕç тата! Çĕрле пăшал сасси илтĕнетчĕ.

Кашни кунах темиçе çынна масар çине пытаратчĕç: малтан пĕрерĕн, кайран — ушкăнпа.

Çак сăмахсене мана Феодосия Николаевна куççуль витĕр каласа панăччĕ.

Каярахпа эпĕ çак лагерь çинчен Шăмалакра пурăнакан ытти çынсенчен ыйтса пĕлтĕм.

Феодосия Даниловна Денисова çапла каласа кăтартрĕ:

— Феодосия Николаевна Дмитриева тĕрмерисем виçĕ

### Астăвăм

пин пулнă тет-и? Çук, ун чухлех пулман. Нумайччĕ, паллах, питĕ нумайччĕ. Мĕнле кăна вырнаçнă пуль вĕсем çав шкул çурчĕсене! Мĕнле асап курчĕç. Нумайăшĕ вилсе пĕтрĕ. Вĕсен виллисем çуркунне, юр кайса пĕтсен, вăрманта, çырмасенче тухатчĕç: те унта вĕсем вырăна вилсе выртса юлнă, те персе пăрахнă.

Анна Герасимовна Николаева:

— Эпир ун чухне, хĕрачасем, мĕн ăнланнă? Лагерьти тискер ĕçсем халĕ тĕлĕкри пек кăна.

Пирĕн картиш пысăкчĕ те, унта лагерь начальникĕ хăйĕн лашисене тытатчĕ. Пĕр лашипе мулла çÿретчĕ, тутарла ялан темĕскер кĕл тăватчĕ.

Çав вăхăтра пирĕн атте вилчĕ. Шăнна çĕре чавса, ăна пытартăмăр. Тепĕр кунне масар çине аттен вилтаприне лайăхрах майласа хурар тесе пыратпăр та, ак тамаша! Аттене пытарнă шăтăка уçнă та, унăн тупăкĕ çине лагерьте вилнисен кĕлеткисене пăрахса, хупласа хунă.

Лагерь начальникне каларăмăр та, çав вилесене атте тупăкĕ çинчен илсе, урăх шăтăка чавса пытарчĕç.

Ерçпе вăрçă ветеранĕпе Валентин Петрович Диаровпа калаçмашкăн тÿр килнĕччĕ (нумай пулмасть пиртен вăл ĕмĕрлĕхех уйрăлса кайрĕ):

— Эпĕ ун чухне вунулттăра, аванах ăнланакан пулнă. Çав тĕрмери çынсене Клин хулинчен куçарса килнĕ тенине астăватăп, вĕсене совет влаçне хирĕç контрреволюциллĕ ĕçсем тунăшăн айăпланă имĕш. Эпĕ лагере хирĕç çуртра пурăннă. Тĕрме çыннисем выçăпа вилнĕ вăхăтра конвоирсем питĕ тутлă апат çинĕ. «Халăх тăшманĕсем» — вăрман каснă, хăма çурнă, чугун çул валли шпалсем, тачка, наçилкке, пăшал аврисем тунă. Çавсене пурне те Пăва хулине ăсататчĕç. Вĕсен кантурĕ Пăвара пулнă.

Икĕ çул иртсен вĕсем нумайăн юлмарĕç, сывă юлнисене 1943 çулта Пăва хулине хăваласа кайрĕç. Çапла лагерь пĕтсе ларчĕ. Эпир фронта тухса кайрăмăр.

ÇАК статьяна мĕншĕн çыратăп-ха? Паянхи кунччченех çак лагерь çыннисен шăпи канăç памасть мана. Камсем пулнă вĕсем? Вĕсен те тăванĕсем, çемйисем, арăмĕсем, ачисем пулнах ĕнтĕ. Малтан миçен пулнă, миçе çын лагерьте вилнĕ, миçе çын сывă юлнă, ăçтисем? Паллă мар. Тен, халь те вĕсенчен хăшĕ-пĕри пурăнать?

Лагерь пĕтсен, ун çинчен нимле сăмах-хыпар та пулман. Халиччен Шăмалакра вилсе выртнă лагерь çыннисене шыраса пĕр çын та килсе кайман.

Ман шутпа, çак лагерь çинчен тĕплĕнрех тĕпчесе пĕлес шутпа Лаш Таяпа ял тата Елчĕк район Совечĕсен ятарласа комисси йĕркелемелле. Республикăри Хăрушсăрлăх комитечĕн архивĕсенче документсем шырамалла.

Тен, «Коммунизм ялавĕ» хаçата вулакансенчен çак лагерь çинчен пĕлекенсем пур? Çакăнта асап курса вилнĕ çынсен ячĕсене пĕлсе, Шăмалакри масар çинче асăну хăми вырнаçтарасчĕ.

П. СИДОРОВ,
учитель-пенсионер, вăрçă инвалиечĕ.
Елчĕк районĕ,
Лаш Таяпа ялĕ.

## Тав сăмахĕ

Шупашкар çывăхĕнчи Петтин Салинче пурăнакансем тахçантанпах шыв çуккипе тата ытти ситменлĕхсемпе нушаланатчĕç. Ун пирки обществăлла корреспондент Н. Иванов «Коммунизм ялавĕнче» заметкăсем пичетлерĕ. Çакăн хыççăн тин пирĕн ял шăпипе интересленме пуçларĕç. Халĕ ялта водопровод кĕртнĕ. Ял çыннисен ячĕпе Николай Максимович Иванова «Коммунизм ялавĕ» хаçат урлă тав тăватпăр.

А. ЧИЖОВА, П. БОРИСОВ, А. СОЛДАТОВ тата ыттисем те, пурĕ 5 çын алă пуснă.

## Килĕшнипе

Шупашкарти Калинин районĕнчи тăваттăмĕш ЖЭУри пуçламăш парторганизаци утмăл ытла пенсионер-коммуниста пĕрлештерсе тăрать. Вĕсем çуллен тĕрлĕ хаçат-журнал çырăнса илеççĕ. Н. Долгинов, Д. Петров, И. Никифоров, В. Степанова, Н. Королева, В. Преображенский, Л. Мироделина, А. Моделов, М. Кобзева, И. Ильина, З. Воронова тата ыттисем ситес çул валли «Партийная жизнь», «Коммунист» журналсем, «Известия», «Правда», «Труд», «Комсомольская правда» ...

● Владимир Бурдов — Куславккари автофургон комбиначĕн тăваттăмĕш цехĕнчи шутлав программиллĕ станокпа ĕçлекен токарь. Хăйĕн ăсталăхĕпе çеç мар, обществăлла ĕçре те малтисенчен пĕри — хастар комсомолец, цехри профсоюз комитечĕн членĕ.

Г. Бычков фотоÿкерчĕкĕ

## Кÿренÿллĕ çыру

## Мускав курайманрăм

ÇАК хыпара пĕлтермесĕр хăварас килмерĕ. 1989 çулхи октябрĕн 23-мĕшĕнче Муркаш районĕнчи Ильич ячĕпе хисепленекен колхоз ĕçченĕсене путевкăпа Мускава илсе кайрĕç. Москакассине йĕркеллех çитрĕмĕр. «Шупашкар — Мускав» автобуса кĕрсе ларсан, пирĕн хушăра пĕр çын ытлашшине палăртрĕç. 34 вырăнне 35-ĕн çула тухнă иккен. Кама хăвармалла? Пурин те Тăван çĕршывăн тĕп хулине çитсе курас килет-çке, путевкăшăн укçа тÿленĕ. Çав ушкăнта «мулкач» ларса пырасса шутламан та çав. «Аслăраххисем» çапла сĕнчĕç:кам юлашкинчен ...

*Халех татса памалли ыйту*

## ĂШĂСĂР, ШЫВСĂР...

мехколонна тепĕр хут пуçă чавса пăхнă. Шыв тухман. Унтан тепĕр çĕрте пăралана. Насус шыв вырăнне ытларах хăйăр хăпартнă.

## КĔТЕСНЕР—ТĂВАН ÇĔРШЫВ

тата ытти ыйтусене татса парас тӗлӗшпе ҫине тӑрса ӗҫленин ҫитмест.

Ытракассипе Ҫӗсмер ялӗсенче 100 хуҫалӑха яхӑн. Кун...

...на хӑйне Этем теме пултарать. Ҫапла мар-и, хисеплӗ вулакансем!

...Таня хӑйӗнчен икӗ ҫул аслӑрах каччӑна юратнӑ. Мӗнех...

...шанна. Ана 1990 ҫулхи III кварталта ӗҫе яма палӑртнӑ.

**В. ДАВЫДОВ,**
халӑх депутачӗсен Вӑрман-Ҫӗктер ял Совечӗн ӗҫтӑвкомӗн председателӗ.

# КӖТЕСНЕР—ТӐВАН ҪӖРШЫВ

## *пулса тӑнӑ тӗрлӗ халӑх ҫыннисемшӗн*

ХАЛЬХИ вӑхӑтра наци ыйтӑвӗ пирки нумай калаҫаҫҫӗ, ӗҫлеҫҫӗ, хирӗҫӳсене татса пама тӑрӑшаҫҫӗ. Пирӗн ҫӗршыв — нумай нациллӗ республикӑсен пӗрлешӗвӗ. Ҫавӑнпа манӑн хамӑрӑн Кӗтеснер ял Советне кӗрекен ялсенчи тӗрлӗ наци ҫыннисем ҫинчен каласа кӑтартас килет. Ҫак тӑрӑхра 6 халӑх ҫынни тус-тӑванла, пӗр-пӗринпе килӗштерсе пурӑнать. Акӑ вӗсем, пирӗн совет ҫӗршывӗн тӗрлӗ кӗтесӗсенчен килсе, йӑмраллӑ Кӗтеснер ялне юратса, кунтах интернационаллӑ ҫемье чӑмӑртанисем: Людмила Семенова — белорус хӗрӗ, нумай ҫул яслисадра ӗҫлет, чӑвашла илемлӗ, таса калаҫать. Николай Украинский — вырӑс, район центрӗнчи стройкӑри прораб. Анна Кондратьева Тулӑран, вӑтам шкул столовӑйӗнче повар. Людмила Григорьева — Свердловскран, повар ӗҫне килӗштернӗ. Фрида Лапутина — нимӗҫ хӗрӗ. Вӑл та вӑтам шкул столовӑйӗнче. Владимир Шульц — удмурт халӑхӗн ӗҫчен каччи, тракторист. Колхозри хисеплӗ механизатор. Ҫулталӑк тӑрӑшшӗпех ӗҫлӗ: ҫуркунне сӳрелет, акать, кӗркунне сухалать, хӗлле юр тытать, пӗр сӑмахпа, пур ӗҫе те вӑхӑтра, пысӑк пахалӑхпа пурнӑҫлать. Тӑванла Мари республикинчи хӗрсем те чӑваш каччисемпе ҫемье чӑмӑртанӑ. Акӑ, Зинаида Никифорова чӑваша качча тухнӑ. Колхозри сӗт-ҫу, сысна фермисенче ӗҫлерӗ, халӗ—телефонистка. Сӑмах май, Михаил Никифоров кӑҫал юлташӗпе пӗрле «Дон-1500» комбайнпа 8.369 центнер тырӑ ҫапса тӗшӗлерӗҫ. Валерий Германов платник мӑшӑрӗ Вера — мари хӗрӗ. Вӑл пысӑк квалификациллӗ штукатур-маляр. Колхоз производствинче ӗҫлет. Клавдия Константинова та Мари республикинчен. Зария Григорьева — Эҫпепе ялӗнчи шкул директорӗн мӑшӑрӗ — учительница. Тутар хӗрӗ.

ХАМӐРАН колхозри ӗҫченсем ҫинчен ҫеҫ аса илтӗм. Пурте вӗсем пӗр тӑван пек килӗштерсе пурӑнаҫҫӗ. Пурин те пӗр хӗвел, пӗр тӗллев — нацисем хушшинчи ҫирӗп ҫыхӑнӑва татах та анлӑлатса, пӗр-пӗрне хисеплесе, ҫӗнетӳ ҫулӗпе — пӗр аслӑ ҫулпа ҫирӗппӗн утасси.

Мичурин ячӗпе хисепленекен колхозри интернационаллӑ кашни ҫемьерех ача-пӑчан хаваслӑ вӑйӑ-кулли илтӗнет.

**В. АЛЕКСАНДРОВ.**

Вӑрмар районӗ,
Кӗтеснер ялӗ.

...пӗрлештерсе тарать. ... ҫуллен тӗрлӗ хаҫат-журнал ҫырӑнса илеҫҫӗ. Н. Долгинов, Д. Патров, И. Никифоров, В. Степанова, Н. Королева, В. Преображенский, Л. Миродеенина, А. Моделов, М. Кобзева, И. Ильина, З. Воронова тата ыттисем ҫитес ҫул валли «Партийная жизнь», «Коммунист» журналсем, «Известия», «Правда», «Труд», «Комсомольская правда» хаҫатсем ҫырӑннӑ. Хаҫат-журнал вулама юратакансем «Коммунизм ялавӗ», «Советская Чувашия» хаҫатсемпе «Тӑван Атӑл», «Ялав» журналсене те хапӑл туса ҫырӑнчӗҫ.

Хаҫат-журнала обществӑлла майпа сарас ӗҫре партбюро членӗсем З. Никифоровӑпа Н. Королева тӑрӑшуллӑ пулчӗҫ.

**М. СТЕПАНОВА,**
КПСС членӗ, ӗҫ ветеранӗ.

### *Халех татса памалли ыйту*

# ӐШӐСӐР, ШЫВСӐР...

МӐНАЛТИ вӑтам шкулта вӗренекенсем те, педагогсен коллективӗ те «ӑшӑ» сӑмаха иккӗмӗш хӗл (йӑнӑшмастӑп пулсан!) кӗнекере кӑна вулаҫҫӗ.

Ӗҫӗ акӑ мӗнре. Иккӗмӗш ҫул ӗнтӗ ӑшӑ памалли системӑра шыв «ҫухалать». Пӑсланать тейӗн. Паллах, пӑсланмасӑр пулмасть. Анчах талӑкра 200 литр ытла?! Ӗненме йывӑр.

Халлӗхе... шкул ачисем витресемпе аякри пусӑран системӑ валли шыв йӑтаҫҫӗ. Тӗлӗнмелле-и?

Пусӑ патӗнче пултӑмӑр. Чылай утма тиврӗ. Ҫухрӑма яхӑн е ытларах та.

Ҫакна пӗлтӗмӗр: ял халӑхӗ ҫуркуннеренпех шывсӑр аптӑрать. Ҫав сӑлтавпах ача садӗ, столовӑй ӗҫлемеҫҫӗ. Сентябрьте шыв уҫлакан башньӑна юсама хӑтланса пӑхнӑ. Анчах ӗҫе вӗҫне ҫитерейменех «Чувашмелиорацин» районти куҫса ҫӳрекен 9-мӗш колонни. Кивӗ башньӑпа юнашар мехколонна тепӗр хут пусӑ чавса пӑхнӑ. Шыв тухман. Унтан тепӗр ҫӗрте пӑраланӑ. Насус шыв вырӑнне ытларах хӑйӑр хӑпартнӑ.

Халлӗхе... Мӑналта ҫур ял ытла шывсӑр аптӑрать. Юрать-ха, тарӑн ҫырмари ҫӑл хӑтарать. Анчах унти шыв та, нумай ӑснӑран, тӑрӑлма пӗлмест.

Каллех шкул патне таврӑнар. Ҫӗнӗ вӗренӳ ҫулӗ умӗн ятарлӑ комисси пулнӑ кунта, «шкул вӗренекенсене йышӑнма хатӗр» тесе, акта куҫ хупса алӑ пуснӑ. Ытти енӗпе хатӗр пулсан та, малтанхи ҫул сивӗпе чӗтренине хӑвӑрт манма пулас.

**Ю. ЛИСТОПАД.**
Шупашкар районӗ.

...хӑвармалла! Пурин те Тӑван ҫӗршывӑн тӗп хулине ҫитсе курас килет-ҫке, путевкӑшӑн укҫа тӳленӗ. Ҫав ушкӑнта «мулкач» ларса пырасса шутламан та ҫав. «Аслӑраххисем» ҫапла сӗнчӗҫ:кам юлашкинчен путевка илнӗ, ҫавна хӑварас терӗҫ. Ҫапла вара, манӑн, 55 ҫулхи хӗрарӑмӑн, Мускава ҫитсе курасси пулмарӗ.

Тӗрӗссипе, ытлашши ҫынни колхозри профком председателӗн Л. И. Петрован шкулта вӗренекен хӗрӗ пулнӑ. Ун пирки эпӗ тепӗр кунхине колхоз правленине кайсан пӗлтӗм.

Л. И. Петровапа хуҫалӑхри парторганизаци секретарӗ В. Ф. Александров мана ҫапла улталарӗҫ.

**Г. ИВАНОВА.**

# КУЛЛЕН ПӖР СУКМАКПА

Тӗрлемес станцийӗнче вунӑ ҫул ытла почтальонкӑра ӗҫлет Л. Д. Яковлева. Унӑн ӗҫӗ хӑшӗсемшӗн ҫӑмӑл пек туйӑнӗ, ҫапах Лидия Дмитриевнӑн кулленхи сукмакӗ кӗске мар, участокӗ самаях сапаланчӑк: ҫул-йӗр юсавӗн управленийӗ, чугун ҫул станцийӗ, тырпул пухса хатӗрлекен пункт. Ҫапла вара, хаҫат-журналпа, ҫыру-телеграмма тултарнӑ сумкӑна пушатас тесен, Л. Яковлева почтальонкӑн утмалӑх пур. Улттӑмӗш теҫеткене кӗнӗ пулин те, Лидия Дмитриевна ҫамрӑк ҫын утти-чуппипех вашават ҫӳрет-ха. Шанса панӑ ответлӑ ӗҫе тивӗҫлӗ туса пынӑшӑн хисеплеҫҫӗ ӑна ял ҫыннисем.

**Н. ФЕДОТОВ.**
Куславкка районӗ.

# КӐМӐЛӖ МӖНЕ ТӐРАТЬ

ОКТЯБРЬСКИ ялӗнче автобус чарӑнакан вырӑнтан инҫех мар хуҫалӑх таварӗсем, кӗнеке, ялхуҫалӑх продукчӗсем сутакан магазинсем вырнаҫнӑ. Ялти халӑха, килен-каяна апатланма столовӑй пур. Ҫаксене пурне те тӑватӑ-пилӗк ҫул каялла туса лартнӑ. Нимӗн те калаймӑн: ҫул ҫӳрекенсемшӗн меллӗ вырӑнта вӗсем.

Акӑ, ялхуҫалӑх ҫимӗҫӗпе сутӑ тӑвакан магазина пырса кӗтӗмӗр. Кунта пахчаҫимӗҫ, улмаҫырла, сивҫу, аш-какай туянма пулать.

Альбина Иванова сутуҫӑ тавар туянакансемпе яланах кӑмӑллӑ. Вӑр-вар та ҫаврӑнӑҫуллӑскерӗн аллинче ӗҫ вӗресе тӑрать кӑна. Ахальтен мар ӑна пурте ырлаҫҫӗ. Ҫакна черетре тӑнӑ чух та асӑрхама пулать.

— Ӗҫе килӗштеретӗп. Мӗнле калас, ӑсмасерен аш татӑкӗ кӗмест тенӗ евӗр, ҫитменлӗхсем те пур, — тет А. Иванова. — Магазин ҫумӗнче склад ҫукки тавар ытларах кӳрсе килме чӑрмантарать. Витринӑри холодильник пӗчӗккипе аш-пӑш пӑсӑлать. Хӗлле сивӗ. Пӗр сӑмахпа, ӗҫ условийӗсем япӑхрах-ха.

Альбина Васильевна таварҫаврӑнӑш планне уйӑхсерен ирттерсе тултарать.

Магазина пырсан, сутуҫӑ сӑн-питӗнче тавар туянакансене кӑмӑллӑн йышӑнни палӑрать, пуринпе те сӑпайлӑн калаҫать. Вӑл е ку тавар сентре ҫинче пулмасан, хӑҫан пуласси пӗлтерет, кӗрсе тухма сӗнет.

**Л. МОСОЛОВА,**
**Ю. БАШКИРОВА.**

Сӗнтӗрвӑрри районӗ.

### Вулаканпа калаҫатпӑр

# КАЯЛЛА ПАНӐ

**Элӗк районӗнчи Тури Юлӑш ялӗнче пурӑнакан Р. Н. НИКОЛАЕВӐНА**

Редакцие янӑ ҫырура эсир ялхуҫалӑх налогӗ ҫинчен ыйту хускатнӑччӗ. Аҫӑр вӑрҫӑра вилнӗ пирки ҫӑмӑллӑхсемпе усӑ курма пулмасть-ши, тесе ыйтнӑччӗ. Ҫырӑвӑра халӑх депутачӗсен Элӗк район Совечӗн ӗҫтӑвкомне ярса патӑмӑр. Акӑ мӗн пӗлтерчӗ редакцие райӗҫтӑвкомӑн финанс пайӗн заведующийӗ Н. Ф. Андреев: «Р. Н. Николаева кашни ҫулах ялхуҫалӑх налогӗ 31 тенкӗ те 20 пус тӳленӗ. Чӑн та, Николаева ашшӗ вӑрҫа каяс умӗн лартнӑ ҫуртрах пурӑнать. Эсир, Раиса Николаевна, вӑрҫӑра пуҫ хунисен ҫемйисене тивекен ҫӑмӑллӑхсемпе усӑ курма пултарнӑ. Анчах та ял Советӗнчи хуҫалӑх кӗнекинче сирӗн аҫӑр, Н. П. Павлов, вӑрҫӑра вилни ҫинчен палӑртман, ҫавӑнпа та сире ялхуҫалӑх налогӗ тӳлессинчен хӑтарман.

Халӑх депутачӗсен Элӗк район Совечӗн ӗҫтӑвкомӑн финанс пайӗ ҫапла йышӑнчӗ: «Ялхуҫалӑх налогӗ ҫинчен» калакан законӑн 6-мӗш статйинчи 1-мӗш «а» пункчӗпе килӗшӳллӗн, Р. Н. Николаева хуҫалӑхне ялхуҫалӑх налогӗ тӳлессинчен хӑтарас, ҫавӑн пекех 1987, 1988, 1989 ҫулсенче тӳленӗ укҫана, 93 тенкӗ те 60 пуса, бюджетран каялла тавӑрса парас.

1989 ҫулхи декабрӗн 11-мӗшӗнче Р. Н. Николаевӑна ҫав укҫана тавӑрса панӑ».

# ПУРНӐҪ ТӖКӖРӖ

## *пулччӗр вырӑнти стена хаҫачӗсем*

КУҪ курманнисен Пӗтӗм Российӑри обществин пирӗн республикӑри организацийӗ вунҫичӗ пуҫламӑш тата виҫӗ производство организацийӗсене, 254 ушкӑна тата пӗччен ӗҫлекен виҫҫӗр ытла ҫынна пӗрлештерсе тарать.

Тӳрех каламалла, куҫ курманнисене обществӑшӑн юрахлӑ ӗҫе хутшӑнтарас, вӗсене канма тата ӗҫлеме условисем туса парас енӗпе обществӑн республикӑри организацийӗ сахал мар тӑрӑшать. Куҫ курманнисене шута илес, ӗҫе вырнаҫтарас тӗлӗшпе чылай ӗҫ туса ирттереҫҫӗ. Вӗсене кану ҫуртӗсемпе санаторисене кайса сывлӑха ҫирӗплетме путевкӑсемпе тивӗҫтернине, общество членӗсем валли ҫурт-йӗр уйӑрма е юсама пулӑшнине ырламалла кӑна.

Мӗнле пурӑнаҫҫӗ куҫ курманнисен пуҫламӑш организацийӗсенче, ӗмӗт-тӗллевӗсем мӗнле? Ҫакӑнпа тӗплӗнрех паллашма ӑҫта пулать-ха? Паллах, стена хаҫачӗсен номерӗсене вуласа тухнӑ хыҫҫӑн. Вырӑнти пичет общество членӗсен пӗр-пӗрин шухӑш-кӑмӑлӗпе паллашмалли трибуна шутланать.

Кашни организацирех тухса тӑрать стена хаҫачӗ. Пурнӑҫ тӗкӗрӗ пекех вӗсем — производство кӑтартӑвӗсене, ҫынсен кун-ҫулӗпе ӑҫли-йӗркисене, хуйхи-суйхине ҫутатаҫҫӗ. Хальхи вӑхӑтра тӗп вырӑнта: ҫӗнетӳ, паянхи пурнӑҫ.

Ку материалта пуҫламӑш организацисенче тӑван чӗлхепе тухса тӑракан стена хаҫачӗсен ӗҫӗ-хӗлӗ ҫинче кӑштах чарӑнса тӑрасшӑн. Вӗсене хурлас е мухтас тӗллев лартман автор. Май пулсан, вырӑнти пичет активисчӗсене хаҫатсене интереслӗрех, вуланмалларах тума пулӑшасшӑн кӑна.

Акӑ, Патӑрьел районӗнчи пуҫламӑш организацин «Пирӗн пурнӑҫ» хаҫачӗ. Мӗн асӑрхатӑн-ха номерсемпе тӗплӗн паллашнӑ хыҫҫӑн? Пурте вырӑнтах пек: ячӗ-шывӗ те, кӑмӑкаларни те, умстатйи те пур. Анчах хаҫата пӗр ҫын кӑна хатӗрлени сисӗнет. Унӑн активӗ ҫук пулас. Тӗрӗссипе, хаҫата ҫынсем валли кӑлараҫҫӗ. Апла пулсан, халӑха сӑмах памалла. Умстатья ҫак пӗчӗк хаҫатшӑн ытла пысӑк калӑпӑшлӑ. Пӗр номерте виҫӗ-тӑватӑ корреспонденципех ҫырлахни ҫитеҫлӗксӗр.

Элексен «Ҫутталла» хаҫачӗ куҫ курманнисен пурнӑҫне тӗрлӗ енлӗн ҫутатас тӗллев лартни сисӗнет. Ҫитӗнӳсене ҫынсем тӑваҫҫӗ. Ҫакна тӗпе хурса, производство кӑтартӑвӗсемпе пӗрлех этем кунҫулӗ ҫинчен те манмаҫҫӗ кунта. Ялта пурӑнакан ҫын хуҫалӑх тытать. Унти ытлашши продукцие государствӑна сутса ырӑ ӗҫ тӑвакансемпе паллашма пулать Н. Ивановӑн «Ытлашшине сутар» корреспонденцийӗнче. Вӑтӑ ҫынсене пулӑшни ҫинчен П. Васильев корреспондент ҫырса кӑтартнӑ. Х. Лисин редактор хаҫата содержани енчен интереслӗ тӑвассишӗн тӑрӑшать. Ҫакна сӗнессшӗн элексене: стена хаҫачӗ чунӗпе те, сӑн-сӑпачӗпе те илӗртӳллӗ пулни пӑсӑк пулас ҫук. Ана сӑн кӗртес енӗпе ытларах ӗҫлемелле.

### Тишкерӳ

Муркаш районӗнчи пуҫламӑш организацин «Ҫӗнӗ пурнӑҫ» стена хаҫачӗн художникӗ вара редактортан тӑрӑшуллӑрах пулни палӑрать. Унти статьясене ҫнелтен, ячӗшӗн ҫырни сисӗнет. Хаҫата ҫыракансем те сахалрах.

Елчӗксен «Хунавӗнче» материалсем йышлӑ. Анчах коллектив пурнӑҫне, унӑн нуши-хуйхине уҫса пароканни ҫукрах.

Комсомольски районӗнчи «Ҫӗнӗ пурнӑҫӑн» сӑн-сӑпачӗ хӑйне евӗрлӗ темелле. Интереслӗ, хӑйсем патне туртакан материалсем йышлӑ. Критикӑлла ҫырусем те кун ҫути кураҫҫӗ унӑн номерӗсенче. Акӑ, В. Павловӑн «Вутӑ нуши» корреспонденцинех илер. Самаях тертленнӗ хыҫҫӑн стена хаҫатӗнчен пулӑшу ыйтнӑ автор. Усси пулнӑ-ши? Шел, мӗнле мерӑсем йышӑнни ҫинчен черетлӗ номерте вулакансене пӗлтермен. Пӗлтермеллех пулнӑ. Хаҫатӑн витӗмлӗхӗ татах ӳсӗччӗ.

Алӑра — «Ӗмӗт» хаҫат. Вӑрнарсем кӑлараҫҫӗ ӑна. Йышлӑн ҫыраҫҫӗ хаҫата. Ю. Арсентьев, В. Николаева, М. Яковлева, Г. Лосева тата ытти корреспондентсем вырӑнти хыпарсене вӑхӑтра пӗлтерсе тӑраҫҫӗ, ҫитменлӗхсене ҫивӗччӗн питлеҫҫӗ, вӗсенчен хӑтӑлмалли майсем шыраҫҫӗ.

Ыттисемпе танлаштарсан, куҫ курманнисен Канаш районӗнчи пуҫламӑш организацийӗн «Туслах» стена хаҫачӗ илемлӗх тӗлӗшӗнчен те, содержанийӗпе те пуянрах темелле. Кашни номертех 15—20-шер материал вырнаҫтарма май тупаҫҫӗ канашсем. Вӗсенче — этем кунҫулӗ, унӑн кулленхи пурнӑҫӗ. Корреспонденцисем пысӑках мар, шухӑшӗсем вара анлӑ. Вырӑнти сӑвӑҫсене сӑмах панине те ырламалла. Материалсене машинкӑпа пичетлесе ҫыпӑҫтарнӑ. Кӗскен каласан, кашни ҫапала хӑй вырӑнӗнче.

Стена хаҫачӗсене пӑхса тухнӑ хыҫҫӑн акӑ мӗн каласшӑн: вӗсенчен кашниннех ҫитменлӗхӗ те, лайӑх енӗ те пур. Тӗллев, паллах, — лайӑххине ҫирӗплетесси. Ку енӗпе парти, профсоюз тата комсомол организацийӗсем хаҫатҫӑсене пулӑшса пымалла, пичет ӗҫне активлӑ хутшӑнмалла. Шел те, халлӗхе тивӗҫлӗ пулӑшу памаҫҫӗ. Пӗр хаҫатра та вӗсем тухса калаҫнипе тӗл пулма тӳр килмерӗ.

Пичетлекен материалсен витӗмлӗхне ӳстерес енӗпе чылай ӗҫлемелле. Орфографи, стилистика йӑнӑшӗсем сахал мар. Жанрсене пуянлатасси ҫинчен шутламалла. Пӑхса тухнӑ хаҫатсенче умстатьясемпе кӗске корреспонденцисем, сӑвӑсем кӑна. Тӗрленчӗксем пичетлесен, интервью жанрӗпе усӑ курсан пӑсӑк пулас ҫук. «Вулакансен пултарулӑхӗ» рубрикӑпа, кӗске калавсем те лартма юрать. Ӳкерчӗксем пирки кӑштах шухӑшласа пӑхмалла. Вӑл е ку кӑларӑмран (ытларах чух — «Капкӑн» е «Крокодил» журналсенчен) касса илсе вырӑнсӑр ҫыпӑҫтарса хунӑ картинӑсем хаҫат авторитетне ӳстермеҫҫӗ. Вӗсем вырӑнне пӗр-пӗр автора сӑмах парсан вырнаҫуллӑрах пек. Стена хаҫатӗнчи материалсене, май пулсан, машинкӑпа ҫапмалла. Акӑ мӗншӗн: хаҫата пӗр-икӗ ҫыннӑн мар-ҫке, коллективӑн вуламалла. Апӑпа ҫырнине хӑшӗ-пӗри уйӑрса илеймесӗр тӑма та пултарать.

Куҫ курманнисен Пӗтӗм Российӑри обществин республикӑри организацийӗнче стена хаҫачӗсен смотр-конкурсӗ ирттермелле. Пуҫламӑш организацисем унта пурнӑҫа тарӑннӑн ҫутатакан, илемлӗ те пуян содержаниллӗ хаҫатсем тӑратасса шанас килет.

**В. СМИРНОВА.**

### Карикатурист кӗтесӗ




Г. Яковлев ӳкерчӗкӗ.

*Литература архивĕ*

# И. Я. ЯКОВЛЕВ.

# 1916—1917 çулсем

## А. Жиркевичăн кун кĕнекинчен

**(Вĕçĕ. Пуçламăшĕ — 4—6-мĕш номерсенче).**

**Сентябрĕн 20-мĕшĕ.**

«ЧАВАШ ТУРРИ» И. Я. Яковлев тавра хура пĕлĕтсем капланаççĕ. Революци, унăн тава тивĕçлĕ ĕçĕсене хисепе хумасăр, ун патне аллине тăсать пулас. Такама унăн ш-алу укçи, хваттерĕ, обществăри вырăнĕ кирлĕ. Шкулта йĕркесĕрлĕхсем... Арçын ачасем пуçтахланаççĕ. Иван Яковлевич, килтен тухса çӳрет пулин те, хăйне чирлĕ тесе пĕлтерчĕ. Ун патне вĕçĕмсĕр канаш ыйтма, справка илме çӳреççĕ. Кунтах, çурăм хыçĕнче, элек сараççĕ, вараласçĕ, кавартлаççĕ. Старик парăнма шутламасть, кĕрешес, тет. Хăй тата Ильминский панă культура чăвашсене мĕн патне илсе пынине курса тăма йывăр ăна. Чăвашсем хушшинче государствăн хаяр тăшманĕсем çеç мар, большевиксем те пур. Чăваш аллисем, хăйсене пулăшса пынăшăн Российăна тав тăвас вырăнне, государство тĕрекне хавшатнине вăл мĕнле лăпкăн пăхса тăрĕ-ха. Вăтлăкра çакăн пеккине курасса старик шутлама пултарнă-ши?!

Яковлевпа арăмĕ нумай япала пирки пĕтĕмпех каламаççĕ. Анчах та вĕсен ырлăхне темле усал, кĕвĕç, ухмах çынсем вĕтерсе пыраççĕ пулас... Юлашки вăхăтра эпĕ вĕсем патĕнче час-часах пулатăп. Пĕтĕмпех куратăп, нумайăшне тавçăратăп. Стариксемпе çапла хăтланни кăмăла хуçать. Ĕнер Яковлевсем патĕнче пĕр чăваша, Кокель салтака тĕл пултăм. Яковлĕв паллаштарчĕ мана унпа. Харьковра пурăнакан, унти художество училищине ертсе пыракан паллă художник А. А. Кокель[1] шăллĕ иккен. Язычество тĕнне тытса пыракан халăхран тухнă художник çинчен ман ытларах пĕлес килчĕ, эпĕ вара салтака кайсен çемйи çинчен каласа пама ыйтрăм. Тĕттĕм, хула пĕлмен чăваш хресченĕн килĕнче виçĕ ывăл çуралнă. Виççĕшĕн те (вĕсен шутĕнче салтакăн та) ӳкерчĕксем тăвас пултарулăх паларнă. Вĕсенчен пĕрин, Алексейăн, телей пулнă-мĕн. Удел чиновникĕ унăн ӳкерчĕксене курнă та хăй палланан священника каланă. Священник госпитальте аман-

каласа пама та ыйтмарăм. Ывăлĕ мĕн ачаранпах музыка патне туртăнни, ачинчи ку турăмпа хăй мĕнле кĕрешни çинчен каласа пачĕ Иван Яковлевич. Çамрăк Яковлев халĕ механикăна килĕштерсе пăрахнă, аэроплан пуçтаракан темле заводра ĕçлет, заводпа пĕрле Чĕмпĕре куçса килет пулас.

**Октябрĕн 12-мĕшĕ.**

ЯКОВЛЕВСЕМ патĕнче пултăм. Вĕсен кăмăл питĕ япăх. Старике хĕсеççĕ, чăваш шкулĕнчи вырăнĕнчен хăваласшăн пулас. Ăна хирĕç пыракансен ĕçĕ ăнсан, Яковлев чăтса иртерейместь пулĕ. Вăл вара пурăнасшăн-ха. Яковлевăн чапне пĕтерме хăтланни çине пăхма йывăр. Хулара çакăр çуккипе чăваш шкулĕнчи хĕрачасене килĕсене яма пуçлаççĕ. Семинарие те çавах кĕтет.

**Октябрĕн 15-мĕшĕ.**

**И. Я. ЯКОВЛЕВ,** ман пекех, Учредительнăй пухăва Чĕмпĕртен представительсем суйлама хутшăнмарĕ. Яковлевăн ячĕ-чапĕ инçете сарăлнă. Кашни партиех çакăн пек представителе хăйсен ретне илĕртсе кĕртсе, кандидатсен списокне тăратĕччĕ. Нумаях пулмасть, Яковлев каланă тăрăх, ун патне хула пуçлăхĕ пулнă Афанасьев пынă. Яковлева халăх ирĕклĕхĕн партийĕнчен[1] кандидат пулма ыйтнă. Яковлев килĕшмен. Ун патне духовенство та кĕрсе тухнă, Яковлев вĕсемпе те килĕшмен. Апла пулин те, вăл ирĕк памасăрах, пупсем ăна хăйсен списокне кĕртнĕ. Ĕнер çакăн пирки Яковлева пĕлтертĕм, çĕнĕ хыпар пулчĕ пулас ку уншăн. Старик мана чăвашсен йăли-йĕрки пирки нумай интереслине каласа пачĕ, халăх юмахĕсен, юррисен содержанийĕпе паллаштарчĕ. Чăваш чĕлхинче усал, вăрçмалли, хăртмалли сăмахсем пачах çук тесе ĕнентерет вăл. Мĕнле телейлĕ халăх!

[1] «Халăх ирĕклĕхĕ» — кадетсен партийĕ.

**Октябрĕн 27-мĕшĕ.**

ПЕТРОГРАДРИ хыпарсем çинчен çырнă «Симбирское слово» вулама ĕлкĕреймен И. Я. Яковлев пулчĕ (12 сехетре) ман патăмра. Аркатса-тустарни çин-

лайăххи аса килчĕ. Урăх нихăçан та пулмасть пулĕ вăл. Апат хыççăн Е. А. Яковлева пĕчĕк хăнана çапла каларĕ: «Халĕ ĕнтĕ турра кĕлту». «Турри ăçта вара?», — ыйтать пĕчĕкскер. «Ав, çавăнта», — тет Яковлева, столовăйĕн пĕр кĕтесĕнчи турăш çине кăтартса. Арçын ача вара хĕрес хуратăп тесе аллипе кĕпине тыткалать. Чуна пырса тивмест-и-ха çакă? Анне пире кăнтăрлахи тата каçхи апат хыççăн кĕлтума вĕрентни, ачалăх аса килчĕ.

[1] Хваттерти сĕтел-пукана И. Я. Яковлева Чĕмпĕр улпучĕ К. Д. Раевская парнеленĕ пулнă.

**Ноябрĕн 15-мĕшĕ.**

И. Я. ЯКОВЛЕВ патĕнче пултăм. Карлейль[1] Франци революцийĕ çинчен çырнин куçарăвне вулать. Пирĕн патра пулса иртекен ĕçсемпе пĕрпеклĕхсем тупать. Франципе французсем тӳссе ирттернĕ йывăрлăхсем пирĕн пата çитеймен-ха, тесе ĕнентерет. Тавpapа мĕн пулса иртнине старик философла хак парать, çавăнпа та ăна чăннипех те ăмсанатăп.

Яковлевсем урама тухма хăраççĕ, килте лараççĕ. Нумайăшĕ çавăн пек. Ӳсĕр, чăрсăр, тăрмаланчăк салтаксем çине пăхма мĕн савăнăçĕ пултăр ĕнтĕ. Хăй патĕнчен кайнă чух, сула май, Яковлев мана Цимбалин нотариуса пысăк пĕлтерĕшлĕ документ кĕрсе пама ыйтрĕ. Старик пĕтĕм ĕç шайне пĕлет. Инкек-синкекрен сыхланма тесе, вăл манпа пĕрле шкулти пĕр чăваш ачине ячĕ. Çак çамрăк ачапа çул тăршшĕпех Яковлев çинчен калаçса пытăм. Ачасемпе калаçнă чух хăйне кăнттам тытнăшăн юратмаççĕ ăна, терĕ вăл. Çапла каланă май, меллĕ тавлаштару персе ячĕ: «Вăл—пирĕн тĕлĕнтермĕш çыв». Чăпах та, мана ăсатма тухсан, ачă картла выляниие ыйтăнтăр тесе, Яковлев ăна çурăмран патакпа вĕтелесе илчĕ.

[1] Т. Карлейль (1795 — 1881) — акăлчан философĕ, историкĕ, публицисчĕ. Сăмах кунта унăн «Франци революцийĕн историйĕ» çинчен пырать.

Чăваш çамрăкĕсем «чăваш апостолĕ» пирки çырнă çахав питĕ ухмахла, пуш сăмахлă, çиллес. Урăх вăхăт пулсан, ăна карçиниккана çеç пемелле. Халĕ вара унпа старике хĕсĕрлеме усă кураççĕ. Эпир ĕнер Яковлевпа çак лару-тăруран (вăл пулса кайнинче ун мăнкăмăллăхĕн тӳпи те пур) мĕнле çăлăнса тухмалли пирки калаçрăмăр. Иван Яковлевича ман канашсем килĕшрĕç пулас. Такам ăна шкултан кăларса ярасшăн, унăн хваттерне кĕрсе вырнаçса, шкул хуçалăхне ертсе пырассине хăй аллине илесшĕн, хăйшĕн усă курасшăн. Старик ырлăхĕ такама кĕвĕçтерет. Пурте, паянхи кун модипе ,вăл Тăван çĕршывшăн, чăваш халăхĕшĕн тунă тава тивĕçлĕ ĕçĕсене манăçа кăларнă. Старике хăваласа кăларсан, тунсăхпа ĕç çукран, вăл хăвăрт сӳнет. Анчах та ăна, ыйăннăскере, ватăлса çитнĕскере, иртнĕ вăхăтăн йăли-йĕркине пăрахăçлама килĕшменскере, ĕç вырăнĕнчех хăварни меллĕ мар... Ăна шкулăн хисеплĕ пуçлăхĕ вырăнне хăварма пулать. Хăйĕн пурнăçне нушасăр вĕçлетĕр тесен, паллах, мĕн виличченех хваттер ун çинче юлмалла, халь илсе тăракан укçа-тенкине (пенсисĕр пуçне) туртса илмелле мар.

[1] В. С. Богоявленский 1913 çулта Чĕмпĕрти чăваш шкулне ревизи тунă. Хăйĕн отчетĕнче вăл Яковлев ĕçне хурласа тăкнă, ăна ĕçрен кăларма сĕннĕ.

**Декабрĕн 25-мĕшĕ.**

ЯКОВЛЕВСЕМ патĕнче пултăм. Яковлевсем Христос çĕрелсе тăнă куна ырă кăмăлпа кĕтсе илеççĕ, хăйсен Катипе[1] шкул çумĕнче пурăнакан чăваш ачисем валли елка хатĕрлеççĕ, çывăрса килекен чухăнлăх пирки лăпкăн калаçаççĕ.

Иван Яковлевич усă кăмăллă, вырăнти йăласемпе паллă çынсем çинчен нумай шӳтлет. Нумаях пулмасть Чĕмпĕрти ученăй архив комиссийĕн ларăвĕ пулса иртнĕ. Ларăва темшĕн Перси-Френч[2] килĕнче ирттернĕрен, пурте , вăл хăналама юратнине пĕлсе, хăйсене ĕçтерсе-çитерсе ярасса кĕтнĕ. Анчах та улпут майри комисси членĕсене пӳлĕмсем тăрăх хаклă япаласем кăтартса çӳренипех çырлахнă. Чей ĕçме те лартман. Салхуллă, кăмăлсăр сăн-питпе саланма тивнĕ. Яковлев лару вĕçленичченех килне кайнă. Авалхи япаласем ăна интереслентермеççĕ, улпут именийĕсенче мĕн юлнине çăлăсчĕ тепиччен кулать çеç. Ыйтăвĕ вара шăпах çакăн çинчен пынă.

Хăйсен ĕçĕсемпе мухтанма тăрăшакан Мартыновпа[3] комиссин хăшпĕр членĕсем ертсе пынă ларăва Яковлев тĕрĕсех сăнласа кăтартать... Яковлев каланă тăрăх, ларура сăмах нумай вакланă, усси вара пулман, нимĕн патне те пырса тухман... Саланасса вара ĕç тунă пекех саланнă. Ыйтас килет: мĕн шутпа çӳрет вăл çавнашкал пухусене? Эпĕ ăна çак ыйтăва патăм та вуннăмĕш хут авалхи япаласем, археологсем,



ЛЕНИНГРАД. Нева çинчи хулара наука-техника тата производство кооперативĕсен Пĕтĕм Союзри выставки уçăлнă.

Ӳкерчĕк çинче: Ленинградри «Круиз» кооператив выставкăна веломобильсен темиçе моделне тăратнă. Вĕсенчен пĕри — «Дельфин» — хăвăртлăхне сехетре 195 километра çити ӳстерме пултарать.

И. Куртов фотоӳкерчĕкĕ (ТАСС).

Спорт — Спорт

## Хоккей хыпарĕсем

Çĕнĕ Шупашкарти «Сокол» спортклубăн 1973 çулта çуралнă спортсменĕсенчен йĕркеленĕ хоккей команди РСФСР-та мала тухассишĕн зонăра ирттерекен турнирăн черетлĕ турĕнче хăйĕн стадионĕнче Брянскри «Десна» командăна çĕнтернĕ. Çĕнĕшупашкарсем икĕ матчне те ăнăçлă ирттернĕ: малтанхи кун хăнасенчен —8:1, тепĕр кунне 2:0 шутпа выляса илнĕ. Çак вăйăсем хыççăн «Соколăн» 21 очко, унăн финалти турнира тухма лайăх майсем пур. Çитес турта вăл зонăри лидерсенчен пĕриппе — Кирово-Чепецкри «Олимпия» командăпа тĕл пулать.

нашри «Локомотива» икĕ хутчен çĕнтернĕ (10:3 тата 10:2). Çак матчсем хыççăн вăл турнир таблицинче малти вырăна тухнă (15 очко). Унччен малта пулнă «Энергия», «Рубинпа» тĕл пулса, малтанхи кун ăна 7:3 шутпа парăнтарнă, тепĕр кунне вара 2:7 шутпа выляса янă.

Кӳкеç поселокĕнчи «Автомобилист» командăна 7:0 шутпа çĕнтерсе, Чăваш АССР кубокне çĕнсе илессишĕн пыракан ăмăртăвăн чĕрĕк финалне Улатăрти «Спутник» тухнă. Пĕрремĕш вăйăра кӳкеççем улатăрсенчен 2:1 шутпа выляса илнĕччĕ. Сапла вара чĕрĕк финалта «Соколпа» «Энергия», «Волгăпа» «Рубин», «Текстильщикпа» «Спутник», «Тракторпа» «Прогресс» тĕл пулаççĕ.

• • •

Республикăри хоккей чемпионачĕн черетлĕ турĕнче Чăваш АССР чемпионĕ «Трактор» Ка-

А. ПАВЛОВ.

## Валерий Кацова манмаççĕ

…чĕ мана уипа. Харькоора пурăнакан, унти художество училищине ертсе пыракан паллă художник А. А. Кокель[1] шăллĕ иккен. Язычество, тĕнне тытса пыракан халăхран тухнă художник çинчен ман ытларах пĕлес килчĕ, эпĕ вара салтака хăйсен семйи çинчен каласа пама ыйтрăм. Тĕттĕм, хутла пĕлмен чăваш хресченĕн килĕнче виçĕ ывăл çуралнă. Виççĕшĕ те (вĕсен шутĕнче салтакăн та) ӳкерчĕксем тăвас пултарулăх палăрнă. Вĕсенчен пĕрин, Алексейăн, телей пулнă-мĕн. Удел чиновникĕ унăн ӳкерчĕкĕсене курнă та хăй паллакан священника каланă. Священник госпитальте аманнисене пăхса тăракан хĕрарăма пĕлтернĕ, лешĕн вара Петербургра художниксене лайăх пĕлекен пиччĕшĕ пулнă. Çак çынсем талантлă чăваш ачине ялтан туртса кăларнă. Унăн ӳкерчĕкĕсем тĕп хуларисене те интереслентернĕ. Каярах — Художествăсен академийĕ, медаль, хысна шучĕпе Италипе Францире кайса çӳрени. Халĕ ку художникăн ячĕ те, обществăри вырăнĕ те, пуласлăхĕ те пур. Салтак каланă тăрăх, «Нива» журналăн 1913 çулта тухнă 13-мĕш номерĕнче Кокелĕн «В чайной» картинин ӳкерчĕкне пичетленĕ. Темле юмах пекех, Ломоносовăн евĕрлĕ, тейĕпĕр. Мана ку юмах питĕ интереслентерсе ячĕ. Эпĕ вара Кокель художник патне, ачалăхĕ, çамрăклăхĕ, тăсти кĕтесри чăвашлăхĕнче художество таланчĕ мĕнле çуралма пултарни çинчен ыйтса, çыру çырса ятăм.

---

1 Алексей Афанасьевич Кокель (1880—1956). Чĕмпĕрти чăваш шкулĕнче, Художествăсен академийĕнче вĕреннĕ. Харьковри художество институчĕн профессорĕ.

**Октябрĕн 7-мĕшĕ.**

ЕНЕР Яковлевсем патĕнче вĕсен ывăлĕ Николай (изобретатель, музыкант, талантлă çын) Некрасов сăмахĕсемпе хăй çырнă ирĕклĕ Российăн çĕнĕ гимне рояльпе каласа пачĕ. Ку гимна çак кунсенче, вăл ыйтнипе, чăваш шкулĕн хорĕ те юрларĕ. Самаях лайăх япала. Анчах та «Боже, царя храни!» юрăран чылай аякра тăрать, ăна çитеймест. Кирлĕ çынсем умне пĕтĕмпе 100 яхăн гимн тăратнă, тет çамрăк Яковлев, специалистсем унăн гимнĕ ыттисеннинчен аванрах пулнине палăртаççĕ-мĕн. Вăл çырнине эпĕ мухтаса та, хурласа та каламарăм. Халĕ тискерле пăтранакан халăха мухтаса çырни мана йĕрĕнтерет. Пĕркелĕхе пăхăнман çынсем майлă çаптарни вĕсенчен тĕрĕслĕхе пытарма çеç пулăшать.

Çамрăк Яковлев чаплă музыкант теççĕ. Анчах унăн произведенийĕ мана питĕ кӳрентернипе, рояльпе мĕн те пулин

…ки пирки нумай интереслине каласа пачĕ, халăх юмахĕсен, юррисен содержанийĕпе паллаштарчĕ. Чăваш чĕлхинче усал, вăрçмалли, хăртмалли сăмахсем пачах çук тесе ĕнентерет вăл. Мĕнле телейлĕ халăх!

---

1 «Халăх ирĕклĕхĕ» — кадетсен партийĕ.

**Октябрĕн 27-мĕшĕ.**

ПЕТРОГРАДРИ хыпарсем çинчен çырнă «Симбирское слово» вулама ĕлкĕреймен И. Я. Яковлев пулчĕ (12 сехетре) ман патăмра. Аркатса-тустарни çинчен илтсе, вăл эпĕ «сывă-ши» тесе кĕнĕ. Эпĕ ăна «Симбирское слово» патăм. Кĕтменлĕх пулчĕ ку уншăн. Вăл, хăвăрт пуçтарăнса, килне кайрĕ. Киле таврăнма хăрушă пек туйăнсан, çĕр выртмаллах хăй патне пыма чĕнсе хăварчĕ. Хулара аманнисем чылай, вилнисем те пур, терĕ. Калетсемпе гимназистсем хĕçпăшалланнă-мĕн, аркатса-тустарса çӳрекенсене переççĕ, тет. Эпĕ Яковлева: «Килне кай та икĕ кун ниçта та ан тух», — тесе канаш патăм. Хулара аркатса çĕмĕресси малалла пырать, анчах ăçта, мĕн çĕмĕрнине Яковлев пĕлмест, мĕншĕн тесен вăл çавра çулпа килнĕ. Пĕркесĕрлĕхсем вара хула варринчи урамсенче пулса иртеççĕ. Темле сăлтавпа урама тухнă пĕр улпут майрин питçăмартине, чĕлхине персе шăтарнă. Чăваш шкулĕнче вĕренекенсем Хусана заявлени панă пирки те каларĕ Яковлев. Яковлев нимĕн тума та юрăхсăр, ăна ĕçрен кăлармалла, тенĕ-мĕн унта. Çавăнпа та халĕ унăн ĕçĕ-хĕлне тĕрĕслеме хушнă.

**Ноябрĕн 1-мĕшĕ.**

ЯКОВЛЕВСЕМ патĕнче кăнтăрлахи апат турăм. Чăваш шкулĕнчи учительсенчен пĕри тиф хыççăн йывăррăн сывалать. Арăмĕ унăн ураран ӳкнĕ. Тăватă ача вĕсен — пĕчĕкскерсемпе кăшт çитĕннĕскерсем. Хĕн. Яковлева чирлисене пăхма çӳрет, вĕсен икĕ ачи кунĕпех Яковлевсен хваттерĕнче. Çынсен хуйхине чун-чĕре патне çывăха илни пархатарлă ĕнтĕ. Енер чăваш шкулĕнче Яковлевсем патĕнче темиçе сехет пулни чуна темле канлĕх вĕрсе кĕртрĕ. Яковлевсен çемйи, шкулта ĕçлекенсен шухăш-кăмăлне палăртакан центр пулса тăнăскер, аваллăх кĕтесĕ пек туйăнать. Революци те кунта пысăк улшăнусем кĕртеймен. Раевскисен авалхи сĕтел-пуканĕ[1], чечексем, ытти хăшпĕр япаласем иртнине аса илтереççĕ. Кил-çурта пăхса тăракансем хваттере шаккамасăрах кĕреççĕ. Анчах та пуринчен те ытларах çак ачасем, чирлĕ ашшĕпе амăшĕн хуйхине пусаракансем, кăмăла каяççĕ... Часах пĕтĕмпех пĕтсе ларакан авалхи вырăс, улпут йĕрки,

…пех Яковлев çинчен калаçса пытăм. Ачасемпе калаçнă чух хăйне кăнттам тытнăшăн юратмаççĕ ăна, терĕ вăл. Çапла каланă май, меллĕ таплаштару персе ячĕ: «Вăл—пирĕн тĕлĕнтермĕш çын». Чăпах та, мана ăсатма тухсан, ачă картла выляннине йышăнтăр тесе, Яковлев ăна сурăмран патакпа вĕтелесе илчĕ.

---

1 Т. Карлейль (1795 — 1881) — акăлчан философĕ, историкĕ, публицисчĕ. Сăмах кунта унăн «Франци революцийĕн историйĕ» çинчен пырать.

**Ноябрĕн 27-мĕшĕ.**

ЯКОВЛЕВ ман пата килчĕ те: пире, Чĕмпĕр çыннисене, «çĕнĕ влаçа çĕнĕлле йĕркелесе ямашкăн вĕрентме Кронштадтран матроссем килнĕ, — терĕ. Чĕмпĕрти суд, прокурор надзорĕ тата адвокатура хăйсене пăрахăçлани пирки официаллă хут илни çинчен те каларĕ вăл. Вĕсене кирлĕ мар тесе йышăннă, мĕншĕн тесен суд ĕçĕсем салтаксен, рабочисемпе хресченсен депутачĕсен совечĕсене куçаççĕ.

**Декабрĕн 15-мĕшĕ.**

ЕНЕР Яковлевсем патĕнче пултăм. Чăваш çамрăкĕсем Иван Яковлевич çирĕплетнĕ йĕркесемпе, воспитани мелĕсемпе, мăкăртатăвĕпе кăмăлсăр. Старик кăра çилĕллĕ, чăркăш, чăваш шкулĕнче тата фермăра хăйне кирлĕ пек хуçаланма хăнăхнă. Российăра пăлхану пуçлансан, воспитанин çĕнĕ принципĕсемшĕн, ирĕклĕхсемшĕн кĕрешетпĕр, тесе, хĕсме пуçлаççĕ. 1905 çулта, Российăри пĕрремĕш пăтранчăк революци вăхăтĕнче темиçе хутчен тапăнса пăхнă. Халĕ çĕнĕрен пуçланать. Яковлев пирки такам элек сарнипе темиçе çул каялла эпĕ Вильно хулинчех пĕлнĕ В. С. Богоявленский[1] ревизи тунăччĕ. Çакăнпа усă курса, чăваш шкулĕнче вĕренекенсем Хусана çăхав çырса янă. Старикпе кăмăлсăр учительсен (çамрăксем) ушкăнĕ ертсе пынипе. Паллах, Хусанти попечитель — Яковлева юратсах каймаи Любомудров, Богоявленский сăмахĕсене итлекенскер пулнă май, каллех çĕнĕ истори пуçласа янă. Ку историе попечитель Хусанти чăваш организацийĕсене те хутшăнтарнă. Çак организацисенчен пĕринчен Яковлев патне ыйтусем ярса панă. Вăл вĕсем патне, вĕренӳ округне хурав парать. Старик паянхи лару-тăрăва шута илмест, вĕренӳ ведомствинче законсем, йĕрке, традицисем пур тесе айваннăн шутлать. Çĕршывра политика влаçĕ урăх алла куçнăранпа çак ăнлавсене веçех пăрахăçланă. Енер Яковлев мана хăйĕнпе пулса иртнĕ историпе çыхăннă документсене вулама пачĕ.

…вара шăпах çакăн çинчен пынă.

Хăйсен ĕçĕсемпе мухтанма тăрăшакан Мартыновпа[3] комиссин хăшпĕр членĕсем ертсе пынă ларăва Яковлев тĕрĕсех сăнласа кăтартать... Яковлев каланă тăрăх, ларура сăмах нумай ваклань, усси вара пулман, нимĕн патне те пырса тухман... Саланасса вара ĕç тунă пекех саланнă. Ыйтас килет: мĕн шутпа çӳрет вăл çавнашкал пухусене? Эпĕ ăна çак ыйтăва патăм та вуннăмĕш хут авалхи япаласем, археологсем, археологи обществисем тата ытти пирки кулса калаçнине илтрĕм. Яковлевăн чеелĕх пур, сăмахсемпе перкелешмест, мĕн шутланине тӳрех уçса памасть. Ларăва паянхи кун хыпарĕсене пĕлме кайрăм тесе пĕлтерчĕ... Унта маларах хула пуçлăхĕ пулнă Афанасьев хăйĕн именийĕнче хресченсем мĕн хăтланнине каласа панă. Ыттисем те тĕрлĕ хыпарсем пĕлтернĕ... Ку ларусенче час-часах вырăнти йăласен никĕсĕ çинче харкашусем сике-сике тухнăран та юрăтать иккен (кăна хăех йышăнчĕ) вăл çак пуху-ларусене. И. Я. Яковлев Чĕмпĕрти пĕр вĕренӳ заведенийĕнче вĕреннĕ чухне ăна Мотовилов[4] тӳлевсĕрех француз чĕлхин урокĕсене пани пирки мана темиçе хутчен те мухтанса каласа панă. Чухăн, пурăнма çеç пуçлакан, çӳле çĕкленме пултаракан çамрăка шеллесе пулăшас тĕллевпе тӳлевсĕр ĕçленĕ пулать Мотовилов. Халĕ вăл Яковлева çакна кусранах калать-мĕн. Анчах та Иван Яковлевич, Мотовилов ăна нихçан та нимĕнле урок та паман, тет. Яковлев ватă Мотовилов нравственноçа çирĕп тытса пыман çын, сӳпĕлтетме юратакан сусçĕ пулнине палăртать. Мотовилов çăмăлттай-мĕн, анчах та пуçлăхсене юрама, вĕсен хушшине кĕме пĕлет. Ун çинчен Яковлев чылайччен каласа пачĕ.

Яковлев патне мана вăл пĕчĕк чăваш халăх ырлăхĕшĕн культурăпа çутĕç енĕпе мĕнле ĕçлени туртать... Ку — илемлĕ ватлăх.

---

1 Катя — Л. И. Некрасова хĕрĕ (1905—1989). Мĕн пĕчĕкрен, 1921 çулччен, Яковлевсем патĕнче пурăннă. Искусствоведени докторĕ, Мускав университечĕн профессорĕ.

2 Е. М. Перси-Френч — Чĕмпĕрти «Хĕрлĕ кĕтес» управленийĕн председателĕ, çĕр улпучĕ.

3 П. Л. Мартынов (1847 — 1922) — Чĕмпĕрти ученăй архив комиссийĕн председателĕ.

4 А. А. Мотовилов (1850—1920) — Чĕмпĕр улпучĕ, III тата IV государство думин членĕ.

---

…хыççăн «Соколăн» 21 очко. Унăн финалти турнира тухма лайăх майсем пур. Çитес турта вăл зонăри лидерсенчен пĕринпе — Кирово-Чепецкри «Олимпия» командăпа тĕл пулать.

• • •

Республикăри хоккей чемпионачĕн черетлĕ турĕнче Чăваш АССР чемпионĕ «Трактор» Ка-

…на çĕнтерсе, Чăваш АССР кубокне çĕнсе илессишĕн пыракан ăмăртăвăн чĕрĕк финалне Улатăрти «Спутник» тухнă. Пĕрремĕш вăйăра кӳкеçсем улатăрсенчен 2:1 шутпа выляса илнĕччĕ. Çапла вара чĕрĕк финалта «Соколпа» «Энергия», «Волгăпа» «Рубин», «Текстильщикпа» «Спутник», «Тракторпа» «Прогресс» тĕл пулаççĕ.

А. ПАВЛОВ.

## Валерий Кацова манмаççĕ

Вăл Красноармейски районĕнчи Упири вăтам шкулта вĕреннĕ. 1982—1984 çулсенче Валерий тăванла афган халăхне интернационалла пулăшу панă. Шел, тăван яла таврăнайман хастар комсомолец, душмансемпе çапăçса пуçне хунă.

Интернационалист - воина чысласа, ВЛКСМ райкомĕ çулсеренех ирĕклĕ майпа кĕрешекенсен районти ăмăртăвне йĕркелет. Шкул ачисем кĕтекен турнир çак кунсенче тăваттăмĕш хут иртрĕ.

Вуннилĕк виçере вăй виçрĕç шкул ачисем. Командăсем хушшинче Упири вăтам шкултан килнĕ çамрăксем çĕнтересси кашни тĕлпулу хыççăнах çирĕпленсе пычĕ.

Команда çĕнтерни унисен тренерне Владимир Фролова уйрăмах савăнтарчĕ. Виççĕмĕш çул ĕнтĕ хăйсен ентешне сума суса иртternĕ ăмăртура мала тухаççĕ унăн вĕренекенĕсем.

— Шкулти 38 ачапа çамрăк кĕрешӳçĕсен секцине çӳрет. Хăшпĕр çемьерен иккĕшĕн те. Акă, Крутовсенех илер. В. Капова халаллана ăмăртура Валерий 54 килограмлă атлетсем хушшинче çĕнтерчĕ. Команда капитанĕн тĕслĕхĕ шăллĕне те хавхалантарать: Сергей виççĕмĕш призер пулса тăчĕ, — каласа парать В. Фролов тренер-педагог.

Ирĕклĕ майпа кĕрешекенсен ăмăртăвне пилĕк шкулти спортсменсем çеç хутшăнчĕç. Ахăртнех, вырсарникун районти йĕлтĕрçĕсен уявне иртterни те кансĕрлерĕ пулмалла. Çапах та тĕлпулусем çивĕч кĕрешӳре иртрĕç. Комсомол райкомĕ çĕнтерӳçĕсене чемпион жетонĕпе, асăнмалăх парнепе тата Хисеп грамотипе чысларĕ.

— Кĕрешӳçĕсен ăсталăхĕ ӳссе пыни хавхалантарать. Шкул ачисем хушшинче республикăри ăмăртусенче призерсен шутне кĕрекенсен йышĕ ӳсрĕ. Çывăх вăхăтрах паянхи турнир çĕнтерӳçисем Пĕтĕм Союзри «Трудовые резервы» обществăн область совечĕ йĕркелекен ăмăртусене хутшăнĕç, — терĕ ВЛКСМ райкомĕн пĕрремĕш секретарĕ, турнирăн главнăй секретарĕ В. А. Михайлов.

В. КОНСТАНТИНОВ.

Редактор А. П. КАЗАНОВ.



## ТЕЛЕВИДЕНИ

ЫТЛАРИКУН, ЯНВАРЕН 9-МЕШЕ

ПЕРРЕМЕШ ПРОГРАММА

6.30 — 120 минут.
8.35 — «Житие Дон Кихота и Санчо». Иккĕмĕш фильм. 3 сери.
9.45 — Мультфильмсем.
10.05 — Ача - пăча сехечĕ (французла).
11.05 — «Это было..., было...»
11.25 — Киноафиша.
12.25 — Коллаж.
12.30 — Вăхăт.
13.00 — «Мой друг — лошадь». Нумай сериллĕ наукăллă популярлă телефильм. 11, 12, 13 серисем.
15.30 — «В поисках капитана Гранта». 7 сериллĕ илемлĕ телефильм. 6 сери.
16.35 — Документлă фильмсем.
17.15 — Ача-пăча хорĕсен Пĕтĕм Союзри телевидени конкурсĕ.
18.00 — Объектив.
18.30 — Вăхăт.
19.00 — «Мне снится дом». Телеочерк.
19.35 — Халăх кĕввисем.
19.50 — «Житие Дон Кихота и Санчо». Нумай сериллĕ илемлĕ телефильм. Иккĕмĕш фильм. 3 сери.
21.00 — Вăхăт.
21.30 — Сĕнетӳ: ыйтусем тата вĕсене татса парасси.
22.45 — Фестивальсем, конкурссем, концертсем.
23.45 — ТСН.

ИККЕМЕШ ПРОГРАММА

8.00 — Ирхи гимнастика.
8.20 — Ачасем валли передача. ГДРтан.
9.20 — Француз чĕлхи.
9.50 — Документлă телефильм.
10.20 — Француз чĕлхи.
10.50 — Фильм — ачасене. «Последнее лето детства». Виçĕ сериллĕ илемлĕ телефильм. 1 сери.
11.55 — Хоккей. США ран.
13.55 — «О тебе». Илемлĕ телефильм.
17.00 — Мультфильмсем.
17.30 — «Кашнин чĕринче янăрĕ». Документлă телефильм (Шуп.).
18.00 — Республика биографийĕ. «Чувашия. Год 1989». Киноочерк (Шуп.).
18.30 — Вăхăт.
19.00 — Информаципе публицистика каналĕ (Шуп.).
20.00 — Ырă кас пултăр, ачасем!
20.15 — Ритмикăллă гимнастика.
20.45 — Çул çинчи хăрушсăрлăхшăн.
20.50 — Концерт.
21.30 — «Зеленый фургон». Илемлĕ телефильм. 2 сери.
22.40 — Фильм-концерт.

## ТЕАТР

К. В. ИВАНОВ ЯЧЕПЕ ХИСЕПЛЕНЕКЕН ЧАВАШ ГОСУДАРСТВО АКАДЕМИ ДРАМА ТЕАТРĔ — январĕн 9-мĕшĕнче «Айтар» драма, январĕн 10-мĕшĕнче «Саламби» пьеса, январĕн 11-мĕшĕнче «Ял кулли» комеди.

РЕСПУБЛИКАРИ ВЫРАС ДРАМА ТЕАТРĔ — январĕн 16-мĕшĕнче «Жизнь и необычайные приключения солдата Ивана Чонкина» драма.

ЧАВАШ САМРАКĔСЕН ТЕАТРĔ — январĕн 9-мĕшĕнче 10 тата 13 сехетсенче «Чиполлино и его друзья» юмах, касхине «Сар ачапа сарă хĕр» пьеса, январĕн 10-мĕшĕнче 12 сехетре «Что в лесу произошло?» юмах, касхине «Чикансемпе тĕрме хуралçисем» хурлăхлă хăйлав, январĕн 11-мĕшĕнче «Пăнтăр-пăнтăр балалайка» ял ӳкерчĕкĕсем.

ЧАВАШ ГОСУДАРСТВО МУЗЫКА ТЕАТРĔ — январĕн 10-мĕшĕнче «Мерседес», «Последний шаг» рок-балетсем, «Болеро» балет, январĕн 11-мĕшĕнче «Летучая мышь» оперетта.

Касхи спектакльсем 19 сехетре пуçланаççĕ.

## КИНО

«СЕСПЕЛЬ» — Кăвак зал: «Проводник» — 9.00, 11.00, 13.00, 15.00, 17.15, 19.10, 21.00. Кĕрен зал: «Двадцать месяцев» — 9.00, 10.50; «Полет навигатора» — 12.40, 14.30, 16.30, 18.30, 21.00. Кинозал: «Раз, два — горе не беда!» — 14.00, 15.45; «Приговоренный» — 18.00, 20.00.

«ОКТЯБРЬ» — «Ну, погоди!» — 9.00; «Деревенька моя центральная» — 10.30, 15.00, 17.00, 19.00; «Одиночка» — 13.00, 20.45.

«ПОБЕДА» — Пысăк зал: «Жикина династия» — 9.00, 11.00, 13.00, 15.00, 17.00, 19.00, 21.00. Вăтам зал: «За околицей дракон» — 9.00, 10.30, 12.00; «Рекс-волшебник» — 13.30; «Кулаки во тьме» — 18.00, 20.30; «Великое поколение» — 15.30. Пĕчĕк зал: «Интердевочка» — 9.00, 11.45, 14.30, 17.15, 20.00.


ПИРĔН АДРЕС: 428019, г. ЧЕБОКСАРЫ, пр. ИВАНА ЯКОВЛЕВА, 13. ДОМ ПЕЧАТИ, III ЭТАЖ.

ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор — 21-00-67; редактор заместителĕсем — 21-04-17 тата 21-20-07; ответлă секретарь — 21-04-26; секретар нат — 25-03-01; парти пурнăç пайĕ — 21-08-61 тата 25-13-24; идеологи пайĕ — 21-03-54 тата 25-13-18; промышленность, строительство тата транспорт пайĕ — 21-33-64, 25-13-04 тата 25-13-81; агропромышленность пайĕ — 21-08-62, 25-13-10, 25-13-05 тата 25-13-58; советсен ĕçĕпе социаллă пурнăç пайĕ — 21-03-04 тата 25-13-06; культура пайĕ — 21-08-56 тата 25-13-02; çырусемпе обществăлла корреспондентсен пайĕ — 21-05-21, 25-13-07 тата 29-76-22; информаципе спорт пайĕ — 21-22-31 тата 25-13-09; фотокорреспондент — 21-45-94; хамăр корреспондентсем — 3-24-91 (Канаш), 2-10-54 (Елчĕк), 4-34 (Етĕрне) тата 2-26-30 (Сĕнтĕрвăрри); издательство директорĕ — 21-00-23; пĕлтерӳсен пайĕ — 21-14-89 тата 29-76-89; «Вестник недели» редакцийĕ — 21-04-39; бухгалтери — 21-45-86; Чăваш АССР Журналистсен союзĕн правленийĕ — 25-13-83; хаçатăн обществăлла приемнăйĕ — 21-22-94.

Хаçат тунтикунсăр пуçне куллен тухать.

НТ 34019. Индекс газеты — 54800. Типография издательства Чувашского обкома КПСС, г. Чебоксары, пр. Ивана Яковлева, 13. Высокая печать, объем 2 печ. листа. Тираж 72.000 экз. Заказ № 77.